ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Январь 30 ЭРНЕКУН № 20 (8929)

35-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



# Колхозсенчи отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсем

Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ тăрăх, 1953 çулхи январьпе февраль уйăхĕсенче колхозсенче отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсем иртетерсçĕ. Çак пухусенче колхозниксем колхоз правленийĕсем 1952 çулхи хуçалăхпа финанс ĕçĕсем çинчен тăвакан отчетсене сÿтсе явасçĕ. Колхоз правленийĕсен, ревизи комиссийĕсен тата колхоз председателĕсен полномочи срокĕ тухнă пулсан е колхозниксен пухăвĕ кирлĕ тесе шутлать пулсан, колхозсен ертсе пыракан органĕсене срокчен çĕнĕрен суйлаççĕ. Çак пĕтĕм ĕçе вăхăтра—1953 çулхи февралĕн 20-мĕшĕччен туса иртермелле.

Колхозсен пурнăçĕнче отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Колхозниксем çак пухусенче, иртнĕ çулхи итогсене туса, тырпул тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе, колхозсен тĕп вăйĕ пулса тăракан обществăллă хуçалăха малалла вăйлатса пымалли çулсене палăртаççĕ.

Колхозсем отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсене пысăк çитĕнÿсемпе кĕтсе илеççĕ. Çак кунсенче СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государство планне 1952 çулта тултарни çинчен пĕлтерни пичетленсе тухрĕ,—çак пĕлтерÿрен социализмлă ялхуçалăхĕ çĕнĕ хăватпа çĕкленсе пыни курăнать. Иртнĕ çулта тĕштырăсемпе техникăллă культурăсем акнă çĕр лаптăкĕ ÿснĕ. Тĕштырăсем пĕтĕмпе 8 миллиард пăт пухса кĕртнĕ. Çĕр мамăкĕ, сахăр кăшманĕ, хĕвелçаврăнăш, йĕтĕн тата ытти техникăллă культурăсем, çавăн пекех çĕрулмипе пахча çимĕçсем нумайрах пухса кĕртнĕ. Колхозсенче обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕ ÿснĕ.

Иртнĕ çулталăкра ялхуçалăхĕ тракторсем, комбайнсем тата автомобильсем 200 пин ытла, тăпрана çемçетмелли, акмалли, пухса кĕртмелли тата ытти ялхуçалăх машинисемпе ĕç хатĕрĕсем 2 миллион ытла илнĕ.

Халиччен тунă çитĕнÿсем çине таянса, колхозниксен, машина-трактор станцийĕсемпе совхозсенчи работниксен 1953 çулта ялхуçалăхне малалла аталантарас ĕçре çĕнĕрен пысăк утăм тумалла. Отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсенче тырпул тухăçлăхне ÿстерес, обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине вăйлатас, обществăллă хуçалăха малалла тĕреклетсе пырас ыйтусене пысăк тимлĕхпе сÿтсе явмалла.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă тĕп задачăна пурнăçлама колхозниксене мобилизацилес ĕçре отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсем пысăк вырăн йышăнмалла. Ялхуçалăхĕн тĕп задачи ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстересси, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне ÿстернипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ÿстересси, ялхуçалăхĕнче малта пыракан техникăна тата агрикультурăна ĕçе кĕртсе пынă никĕс çинче колхозсен обществăллă хуçалăхне малалла тĕреклетсе тата аталантарса пырасси, çапла вара çĕр ĕçĕн тата выльăх-чĕрлĕхĕн пĕтĕм продукцийĕпе таварлă продукцине ÿстерессе пулать.

Колхоз производствинчи тата колхозсене ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсене уçса палăртма критикăпа самокритикăна сарса пыма мĕнпур майсемпе пулăшса, парти организацийĕсен колхозсене çав çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме пулăшмалла, колхозниксене социализмлă ĕçĕн организацине тата ĕç дисциплинине çирĕплетсе пыма, артелĕн кашни членĕ обществăллă хуçалăха аталантарассишĕн ответлă пулассине ÿстерсе пыма вĕрентмелле.

Пухусем ăнăçлă иртесси вĕсене иртерме тĕплĕ хатĕрленнинчен, колхозсен ĕçĕн ыйтăвĕсене тĕплĕн тата ĕçлĕхлĕ сÿтсе явнинчен килет. Çавăнпа та пухусене иртерме пур енĕпе те лайăх хатĕрленмелле, пухусенче мĕнпур колхозниксем пуçăр тесе тăрăшмалла, колхозсенчи ĕçсене туса пымалли демократиллĕ йĕркесене çирĕппĕн пăхăнмалла.

Колхозсенче тырпулпа укçа тупăшĕсене тĕрĕс валеçесси çине уйрăмах тимлĕн пăхас пулать. Колхозсем государство умĕнчи обязательствăсене пурнăçланă хыççăн, ялхуçалăх артелĕн Уставĕ тăрăх, вăрлăх, выльăх апачĕ, страховой тата ытти обществăллă фондсем нумай отраслĕ колхоз производствине ăнăçлă аталантарса пыма çителĕклĕ уйăрса хăвармалла, çавăн пекех тата колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх продуктсемпе укçа вăхăтра валеçсе памалла.

Колхоз председателĕсем пулма ялхуçалăх аслă шкулĕсенчен тата вăтам шкулсенчен вĕренсе тухнă, политикăпа ĕçри пултарулăх енĕпе тĕрĕсленĕ специалистсене суйланипе, çавăн пекех тата колхоз председателĕсем пулма суйланă ялхуçалăх специалисчĕсене çак ĕçре çирĕплетсе хăварнипе колхоз председателĕсен составне малалла çирĕплетесси питĕ паха ĕç пулса тăрать. Çав вăхăтрах чи лайăх колхозниксене уйăрса лартнипе бригадирсемпе ферма заведующийĕсен составне, ревизи комисси председателĕсен, колхозсенчи тата ытти ертсе пыракан работниксен составне те çирĕплетсе пымалла. Иртнĕ вăхăтра шанчăксăра тухнă çынсене колхозсенче ертсе пыракан ĕçе суйласа е уйăрса лартни пулмалла мар.

Ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснисене пĕтерсе хума, колхозсенчен туртса илнĕ çĕре, вырăнсăр салатнă выльăх-чĕрлĕхе, продуктсене, укçа-тенке тата ытти пурлăха каялла таварса пама, колхозсене тÿлемелли парăмсене шыраса илме татăклă мерăсем йышăнас пулать.

Парти организацийĕсен, совет тата ялхуçалăх органĕсен колхозниксемпе пĕрле 1953 çулта колхозсен ĕçне лайăхлатса пыма практикăллă мерăсем кашни колхоз тăрăх палăртса хумалла.

Колхозсен ĕçĕ ăнăçлă пуласси МТС-сен ĕçĕнчен, техникăпа тĕрĕс усă курнинчен, машина-трактор станцийĕсемпе колхозсем тунă договорсене вăхăтра пурнăçланинчен нумай килет. Çавăнпа та МТС-сен директорĕсемпе ытти ертсе пыракан работникĕсем пухусене хутшăнни питĕ кирлĕ. Пухусенче МТС-сем тата колхозсем хăйсен обязательствисене, уйрăмах ĕçсене вăхăтра тата паха туни енĕпе, мĕнле пурнăçласа пыни çинчен, çавăн пекех тата МТС-сен ĕçне лайăхлатма панă сĕнÿсене сÿтсе явмалла.

Отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсем колхозсем хуçалăхри пысăк задачăсене пурнăçланă вăхăтра пулса иртеççĕ. Кадрсене вĕрентесси, çуракине хатĕрленесси, хĕллехи агротехникăллă ĕçсене тăвасси, выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каçарасси—çаксем пурте ялхуçалăхне малалла аталантарас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Колхозсенче пухусем иртерме хатĕрленнĕ тата пухусем иртернĕ чухне обществăллă выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарассине лайăхрах организацилеме, кирлĕ чухлĕ вăрлăх фончĕ хывса, вăрлăхсене акма юрăхлă туса çитерме, ялхуçалăх инвентарьне вăхăтра тата лайăх юсама, минераллă тата вырăнти удобренисем хатĕрлеме, хатĕрленĕ удобренисене уя кăларма, 1953 çулта ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерме тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарса çитерме мерăсем йышăнмалла.

Парти организацийĕсем умĕнче çакăн пек задача тăрать: колхозсенчи пухусене конкретлă ертсе пымалла. Парти работникĕсен пухусем иртерме хатĕрленес ĕçе хутшăнмалла, пухусенче пулмалла, колхозниксене вĕсем умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлама пулăшмалла. Парти организацийĕсем пухусем иртерме хатĕрленес ĕçе хутшăнмасан çулталăкри ĕçсене çиелтен çеç сÿтсе явни, колхозниксен активлăхĕ чакни пулма пултарать.

Колхозсенче отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсем мĕнле пулса пынине центрти тата вырăнти хаçатсен страницисенче анлăн çутатмалла. Пичетĕн отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсене иртерме мĕнле хатĕрленнине тата мĕнле иртернине, малта пыракан колхозсен опытне кăтартса памалла, çавăн пекех пухусем иртерме хатĕрленес тата иртерес ĕçри лайăх опыта сармалла.

1953 çулта ялхуçалăхĕ умĕнче çĕнĕ, ответлă задачăсем тăраççĕ. Отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсене лайăх иртерни ялти ĕççыннисене пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхри виççĕмĕш çул планне тултарма тата иртерсе тултарма мобилизацилеме пулăшĕ.

**(«ПРАВДА» хаçатăн январĕн 26-мĕшĕнчи умстатьинчен).**

## К. С. Станиславский творчествине вĕренеççĕ

Январĕн 26-мĕшĕнче Пĕтĕм Российăри театр обществин актер суртĕнче К. С. Станиславский çуралнăранпа 90 çул çитнĕ ятпа наукăллă-творчествăллă канашлу пулса иртнĕ. Канашлу ĕçне Мускаври, Ленинградри, Свердловскри, Архангельскри, Ярославльри, Орелри, Рязаньри тата ытти хуласенчи театрсен паллă работникĕсем 350 çын ытла хутшăннă.

Искусствоведени наукисен кандидачĕсем В. Прокофьевпа Г. Кристи тата писатель Н. Волков—К. С. Станиславский ĕçĕн тĕрлĕ енĕсене çутатса докладсем тунă. СССР халăх артисчĕ А. Дикий режиссер ĕçĕсене тунă чухне Станиславский системипе мĕнле усă курни çинчен каласа панă. Рязань облаçĕнчи драма театрĕн главнăй режиссерĕ, РСФСР тава тивĕçлĕ артисчĕ А. Канин Станиславский çинчен аса илсе каланă.

(ТАСС).

*„Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн“ памалли Тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен Комитетра*

# Совет писательне Илья Эренбурга Тĕнчери Сталинла преми пани

Кăçалхи январĕн 27-мĕшĕнче «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» памалли Тĕнчери Сталинла премие чаплă совет писательне, миршĕн кĕрешекен паллă çынна Илья Эренбурга панă. Тĕнчери Сталинла премие панă чухне Кремльте Свердловски залра паллă совет писателĕсем, ученăйсем, искусство деятелĕсем, профсоюзсен представителĕсем, совет хаçачĕсен работникĕсем пулнă.

Залра пухăннисем И. Г. Эренбурга ăшшăн кĕтсе илнĕ.

Президиум сĕтелĕ хушшинче—Тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен Комитет председателĕ Д. В. Скобельцын академик, унăн заместителĕ Луи Арагон, «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» паракан Тĕнчери Сталинла преми лауреачĕ Анна Зегерс, Мире хÿтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн председателĕ Н. С. Тихонов тата ыттисем те.

Скобельцын академик Комитет 1952 çулхи декабрĕн 20-мĕшĕнче йышăннă постановление вуласа парать, халăхсен миршĕн пыракан кĕрешĕвĕнче И. Эренбург мĕнле вырăн йышăнни çинчен калать. Унтан вăл И. Эренбурга диплом тата И. В. Сталин сăнне ÿкернĕ ылтăн медаль парать.

Лауреата Мире хÿтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕ ячĕпе **Н. С. Тихонов**, совет писателĕсен ячĕпе—**А. А. Сурков**, совет хĕрарăмĕсен ячĕпе—Мускаври Л. М. Каганович ячĕпе тăракан, подшипниксем тăвакан пĕррĕмĕш заводри инженер **З. П. Марадудина**, совет çамрăкĕсен ячĕпе—Мускаври М. В. Ломоносов ячĕпе тăракан университет студенчĕ В. Н. Кириченко саламланă.

Франци писателĕ **Луи Арагон** хĕрÿллĕ сăмах тухса каланă. Германири культура деятелĕсен ячĕпе лауреата Анна Зегерс саламланă. Халĕ ÇСР Союзĕнче хăнара пурăнакан Колумби писателĕ **Хорхе Саламеа** та саламлă сăмах тухса каланă.

Унтан Илья Эренбург ответлă сăмах каланă. Ăна пысăк тимлĕхпе итленĕ.

(ТАСС).

# Социализмлă ăмăртура мала тухнă МТС механизаторĕсем

Сталин юлташ патне янă çырура илнĕ обязательствăсене пурнăçланине палăртса, Ялхуçалăх министерстви МТС механизаторĕсен социализмлă ăмăртăвĕн итогне тунă. Ăмăртура, «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн 1952 çулхи декабрĕн 24-мĕшĕнче пичетленсе тухнă номерĕнче асăннă механизаторсемсĕр пуçне, 1952 çулта çак трактор бригадисем, трактористсем, комбайнерсем, молотилка машинисчĕсем тата юсаври рабочисем лайăх тĕслĕхсем кăтартнă.

### ТРАКТОР БРИГАДИСЕМ:

Шупашкар МТС-ĕнчи **Чунаев** юлташ бригади. Вăл тракторсемпе тумалли ĕçсен сезонри плана 157 процент тултарнă, планпа 3.005 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тумалла пулнă пулсан, 4.735 гектар тунă, 2.547 килограмм горючи перекетленĕ; Сиява МТС-ĕнчи **Коротков** юлташ бригади. Вăл 3.194 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă, планпа 2.942 гектар тумалла пулнă. Бригада 2.692 килограмм горючи перекетленĕ; Тăвай МТС-ĕнчи **Данилов** юлташ бригади. Вăл плана 123 процент тултарнă, 3.698 килограмм горючи перекетленĕ.

Тракторсемпе тумалли ĕçсен планне лайăх пахалăхпа тата горючи нумай перекетлесе хăварса çак трактор бригадисем нумай иртерсе тултарнă: Советски МТС-ĕнчи **Михайлов**, Куславкка МТС-ĕнчи **Семашин**, Шупашкар МТС-ĕнчи **Сергеев**, Тăвай МТС-ĕнчи **Кириллов**, **Иванов**, **Чичканов**, Етĕрне МТС-ĕнчи **Спиридонов**, **Тепляков**, **Скотников**, Хĕрлĕ Чутай МТС-ĕнчи **Палейкин**, Çĕмĕрле МТС-ĕнчи **Кирюшин**, **Федотов**, **Булавинцев**, **Сычев**, Чурачăк МТС-ĕнчи **Осипов**, Сиява МТС-ĕнчи **Рябов**, Елчĕк МТС-ĕнчи **Салкин**, **Катюков**, Вăрмар МТС-ĕнчи **Григорьев**, Йĕпреç МТС-ĕнчи **Алексеев** юлташсем ертсе пыракан трактор бригадисем.

### ТРАКТОРИСТСЕМ:

Улатăр МТС-ĕнчи Соболев, Аринчев, Новиков, Самаркин, Бурмистров, Матвеев, Воронков юлташсем;

Элĕк МСТ-ĕнчи Максимов, Андреев, Терентьев, Никифоров, Антонов, Петров, Игнатьев, Федоров юлташсем;

Йĕпреç МТС-ĕнчи Егоров, Морковкин, Иванов, Марушев, Федоров, Архипов, Михайлов, Илюкин, Захаров, Иванов, Денисов, Питимиров, Михайлова, Медведев юлташсем;

Советски МТС-ĕнчи Иванов, Павлов, Максимов юлташсем;

Вăрмар МТС-ĕнчи Кузнецов, Т. Никитин, Ю. Никитин юлташсем;

Октябрьски МТС-ĕнчи Майоров, Кураков юлташсем;

Шупашкар МТС-ĕнчи Самлеев, Семенов, Смирнова, Харитонов юлташсем;

Хĕрлĕ Чутай МТС-ĕнчи Яндайкин, Окайкин, Блинова, Падюков юлташсем;

Кувакино МТС-ĕнчи Савинов, Морозов, Щеглов, Кисельков, Костюнин юлташсем;

Сĕнтĕрвăрри МТС-ĕнчи Юрусова, Викторов юлташсем;

Етĕрне МТС-ĕнчи Буращников, Спиридонов, Михайлов, Поляков, Кузьмин, Коливошко, Гущин юлташсем;

Первомайски МТС-ĕнчи Яковлев юлташ;

Çĕмĕрле МТС-ĕнчи Карпов, Булавинцев, Ванюков, Январев юлташсем;

Тăвай МТС-ĕнчи Алексеев, Суркин, Куприянов, Семенов, Лазарев, Данилов, Васильев, Яковлева, Михайлова юлташсем.

Чкаловски МТС-ĕнчи Суханов, Филимонов, Пырков, Виноградов, Павлов, Артемьев, Азмуханов, Торговцев, Воробьев, Пахомов юлташсем;

Чурачăк МТС-ĕнчи П. Васильев, Павлов, И. Васильев, Я. Федоров, Кузьмин, Ильин, Данилов, Григорьев, И. Федоров, Петров юлташсем.

Куславкка МТС-ĕнчи Скворцов, Лукоянов, Анисимов, Семашин, Бугреев, Петров, Людков, Антипов, Васин, Моисеев, Артамонов юлташсем;

Сиява МТС-ĕнчи Акамсин, Ермошин, Ермошина юлташсем;

Красноармейски МТС-ĕнчи Михайлов, Кириллов, Ефимов, Васильева, Захаров, Прохоров, Трофимова, Михайлов юлташсем.

### КОМБАЙНЕРСЕМ:

Сиява МТС-ĕнчи **Коротков** юлташ сезонра 658 гектар тырпул пухса кĕртнĕ, 738 килограмм горючи перекетленĕ; Йĕпреç МТС-ĕнчи **Михайлов** юлташ 563 гектар тырпул пухса кĕртсе 462 килограмм горючи перекетленĕ; Куславкка МТС-ĕнчи **Александров** юлташ 462 гектар, Кувакино МТС-ĕнчи **Ястребов** юлташ 473 гектар, Етĕрне МТС-ĕнчи **Широнов** юлташ 481 гектар тырпул пухса кĕртнĕ.

Сталин юлташа панă сăмаха çавăн пекех çак комбайнерсем чыслăн пурнăçланă: Етĕрне МТС-ĕнчи Васильев, Шлемов юлташсем; Улатăр МТС-ĕнчи Злодеев, Цапаев, Костин, Зюзин, Воронин юлташсем; Кувакино МТС-ĕнчи Круглов, Максимов, Сорокин, Паршин, Ястребов юлташсем; Первомайски МТС-ĕнчи Горячев юлташ; Çĕмĕрле МТС-ĕнчи Бобров, Медведев, Тюкин юлташсем; Йĕпреç МТС-ĕнчи Клементьев, Ижендеев, Хураськин юлташсем; Красноармейски МТС-ĕнчи Андрианов, Егорова, Карпов юлташсем; Чурачăк МТС-ĕнчи Григорьев, Васильев, Тимофеев юлташсем; Куславкка МТС-ĕнчи Васильев, Алюков, Московкин юлташсем; Советски МТС-ĕнчи Захаров юлташ; Шупашкар МТС-ĕнчи Евлампьев, Петров, Бородов юлташсем; Сиява МТС-ĕнчи Бурмистров, Голованов, Негрозов юлташсем; Вăрмар МТС-ĕнчи Грачев, Спиридонов юлташсем; Тăвай МТС-ĕнчи Туйгачев, Иванов, Корнев, Семенов юлташсем; Октябрьски МТС-ĕнчи Митрофанов юлташ; Сĕнтĕрвăрри МТС-ĕнчи Яковлев юлташ; Хĕрлĕ Чутай МТС-ĕнчи Кудряшов юлташ.

### МОЛОТИЛКА МАШИНИСЧĔСЕМ:

Сĕнтĕрвăрри МТС-ĕнчи Иванов, Тăвай МТС-ĕнчи Кузьмин, Чурачăк МТС-ĕнчи Степанов, Куславкка МТС-ĕнчи Ларионов, Советски МТС-ĕнчи Сергеев, Исаев, Шупашкар МТС-ĕнчи Павлов, Харитонов, Вăрмар МТС-ĕнчи Петров юлташсем. Вĕсем молотилкăсемпе тухăçлă ĕçленĕ, авăна лайăх пахалăхпа çапса панă.

### МТС МАСТЕРСКОЙĔСЕНЧИ РАБОЧИСЕМ:

Техникăпа тухăçлă ĕçлеме пулăшас тĕлĕшпе механизаторсене социализмлă ăмăртура МТС мастерскойĕсенчи рабочисем активлăн пулăшнă. Ку тĕлĕшпе çаксем лайăх тĕслĕхсем кăтартнă: Улатăр МТС-ĕнчи Прокуронов токарь, Погорелов, Цапаев рабочисем; Йĕпреç МТС-ĕнчи Федотов токарь; Первомайски МТС-ĕнчи Албуткин токарь; Советски МТС-ĕнчи Спиридонов, Никаноров, Григорьев, Макаров рабочисем тата ялхуçалăх машинисене юсас тĕлĕшпе ĕçлекен механик Семенов юлташ; Шăмăршă МТС-ĕнчи Ульянов электросварщик.

## Йĕтĕн-кантăр акса тăвас ĕçре малта пыракансен республикăри канашлăвĕ

Январĕн 27-мĕшĕнче Шупашкарта КПСС обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ колхозсенче йĕтĕн-кантăр туса илес ĕçре малта пыракансен республикăри канашлăвне иртерчĕç. Канашлу ĕçне çавăн пекех районсенчи ялхуçалăх пайĕсен тата МТС-сен главнăй агрономĕсем, кантăрпа йĕтĕн акса тăвакан колхозсенчи агрономсем тата сÿс-кантăрпа йĕтĕн завочĕсен директорĕсем хутшăнчĕç.

Канашлăва кĕске сăмах каласа КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ Н. Шмаков юлташ уçрĕ.

Республикăри колхозсенче кантăр тата йĕтĕн туса илес ĕçе малалла лайăхлатса пырас тĕлĕшпе тăракан задачăсем çинчен Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕ И. Афанасьев юлташ доклад турĕ.

Доклад тăрăх прение 16 çын тухса каларĕ.

Йĕтĕн тата кантăр тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе тунă çитĕнÿсем çинчен Пăрачкав районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Хайлов юлташ, Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз членĕ Кузина юлташ, Елчĕк районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Скворцов юлташ, Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз бригадирĕ Рыбаков юлташ, Çĕмĕрле районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз бригадирĕ Шангеев юлташ, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз членĕ Зайцева юлташ, Элĕк районĕнчи «Правда» колхоз председателĕ Шлябин юлташ, Сĕнтĕр районĕнчи «Колос» колхоз председателĕ Ефремов юлташ, Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри звеньевой Петров юлташ каласа пачĕç.

Техникăллă культурăсем çитĕнтерес ĕçри малта пыракан опыта республикăри пур колхозсем те йышăнса илме тата унпа анлăн усă курма тивĕçлĕ.

Канашлăва пухăннисем Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз агрономĕ Лукин, Улатăр районĕнчи ялхуçалăх пайĕн главнăй агрономĕ Раков юлташсем тухса каланисене тимлĕн итлерĕç. Вĕсем йĕтĕн-кантăр туса илес ĕçе чылай колхозсем чăтма çук япăх туса пынине, йĕтĕнпе кантăра хакламаннине, вĕсен агротехникине хытă пăснине тата йĕтĕн-кантăрпа усă курма пĕлменнине кăтартса критиклерĕç.

Пренире çавăн пекех Ялхуçалăх министерствин тĕштырă тата техникăллă культура Управленийĕн начальникĕ Осанов юлташ, Миренскинчи йĕтĕн завочĕн директорĕ Кузьминых юлташ, Элĕкри сÿс-кантăр завочĕн директорĕ Чайкин юлташ, Чăваш республикинчи «Заготлен» кантурĕн управляющийĕ Стрельников юлташ тата Хатĕрлев министерствин Чăваш республикинчи уполномоченнăйĕн аппаратĕнче ĕçлекен Корышев юлташ тухса каларĕç.

1953 çулта пысăк тухăçлă кантăр тата йĕтĕн туса илессишĕн социализмлă обязательство йышăнса, канашлу йĕтĕн-кантăр акса тăвакан мĕнпур работниксене техникăллă культурăсен тухăçлăхне ÿстерме, Тăван çĕршыв валли ытлăн-çитлĕн йĕтĕн-кантăр продукцийĕ туса парассишĕн кĕрешме социализмлă ăмăртăва анлăн хутшăнма чĕнсе каларĕ.

### Вăрман хатĕрлевĕ

## Йĕпреç районĕ çаплах юлса пырать

Йĕпреç районĕ вăрман хатĕрлевĕ енĕпе чăтма çук юлса пырать. Январĕн 25-мĕшĕ тĕлне районти колхозсем вăрман касмалли плана 33,3 процент, каснă йывăça çул хĕррине илсе тухмалли плана 18,3 процент, турттарса кăлармалли плана 19,6 процент анчах тултарнă. 11 колхоз каснă йывăça çул хĕррине илсе тухма, «Заря», «Трудовик» тата Мичурин ячĕпе тăракан колхозсем турттарса кăларма халиччен те пуçăнман. «Гвардеец» колхоз йывăç касмалли плана 7 процент, турттарса кăлармалли плана 10 процент анчах тултарнă, çул хĕррине илсе тухмалли плана пурнăçлама тытăнман та. Кунта колхоз лашисемпе нимене час-часах каяççĕ. Колхоз председателĕ Е. Коннов юлташ туртăм вăйĕпе тĕрĕс мар усă курнине пĕтерме тăрăшмасть.

«Трудовик» колхозран вăрман турттарма уйăрнă лавçăсем эрнере виçĕ кун государство валли турттараççĕ, тăватă кун тĕрлĕ çĕрте ĕçлесе укçа илеççĕ. Вĕсем кашни кунах тенĕ пек киле таврăнаççĕ, лавсем çине пĕрене е вутă хурса тухаççĕ. Çак йывăça вĕсем Ачча пасарне кайса сутаççĕ. «Заря» колхозри хăшпĕр колхозниксем тĕрлĕ çĕрте кĕрешсе ĕçлеççĕ. Колхоз председателĕ Ф. Асанов юлташ çакăн çинчен пĕлет, анчах çав киревсĕр ĕçе пĕтерме нимĕнле мера та йышăнмасть.

Райсовет исполкомĕ вăрман хатĕрлевĕпе интересленмест теме çук. Вăл хăйĕн ларăвĕсенче ял Совечĕсемпе колхоз председателĕсен отчечĕсене итлет, решенисем йышăнать, анчах çав паха решенисем нумайăшĕ хут çинче çеç юлаççĕ. Вăрман хатĕрлекенсем хушшинчи агитацилле-массăллă ĕçе йĕркелемен. Вăрман пункчĕсенче, колхозниксем пурăнакан суртсенче хаçатсем сахал, агитаторсем пулмаççĕ.

Райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕн колхозниксене Тăван çĕршыв умĕнчи тивĕçе пурнăçлама мобилизацилемелле.

**Н. ПАВЛОВ.**
**Г. РУСАНОВ.**

## Лебедчиксем

Шуçăм çути килме пуçласан, вăрманти сукмак çинче икĕ çын курăнчĕç. Вĕсем ĕнер вăрман каснă участок еннелле васкаса утаççĕ. Ура айĕнчи юр кăчăртатать, хĕл сивви пит-куçа чĕпĕтет.

— Суйлав ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, паян тата тухăçлăрах ĕçлĕпĕр,—тет Петр Червяков хăйĕн шăллĕне Якова.

Делянка çине çитсен, вĕсем пысăк мар вагона кĕчĕç. Кунта Улатăр вăрманпромхозĕн куçса çÿрекен электростанцийĕ вырнаçнă.

— Еç мĕнле пырать, Виктор?—ыйтрĕ Яков сывлăх суннă хыççăн механикран.

— Электростанци юсавлă, энерги çителĕклĕ парса тăрăпăр,—ответлет Виктор Ширманов.

Лебедка патне çитсен Червяковсем механизма тимлĕн тĕрĕслесе пăхрĕç. Петр рубильнике хăпартрĕ, электромотор тата лебедка барабанĕсем хăвăрт çаврăнма пуçларĕç. Яковăн ĕçпе писнĕ аллисем лебедка ручкине çирĕп тытаççĕ.

Рабочисем хурçă троссемпе пысăк пĕренесене çаклата-çаклата илеççĕ. Мотор ĕçлеме пуçлать те троссене туртса карăнтарать. Енер касса йăвантарнă йывăçсем пĕрин хыççăн тепри вăрман складне ăсанаççĕ. Яков Червяков лебедка рычагĕсене куçарать, туртăнса карăнакан троссемпе пысăк пĕренесем юр çинче мĕнле шуçнине сăнать, лебедка хăвăртлăхне кирлĕ чухне чакарать е ÿстерет. Вăрманта хĕрÿ ĕç вĕресе тăрать.

Петр Червяков икĕ çул каялла кунта ĕçлеме тытăннă. Вăл малтанхи кунсенчех лебедкăпа ĕçлеме кăмăлланă, техникăна тăрăшса вĕреннĕ, малта пыракансен опычĕпе паллашнă. Кĕске вăхăт хушшинчех тухăçлă ĕçлеме вĕренсе çитнĕ. Унăн шăллĕ Яков час-часах вăрмана çÿренĕ, лебедкăпа, электростанципе интересленнĕ, унтан пиччĕшĕпе ĕçлеме тытăннă.

Червяковсем — пуçарулла механизаторсем. Норма тăрăх сменăра 60 кубометр йывăç кăлармалла, вĕсем 90—92 кубометр кăлараççĕ. Лебедчиксем механизмсене яланах юсавлă тытаççĕ. Ĕçлеме чарăнсан, лебедкăпа мотора тĕплĕн пăхса тухаççĕ, хурçă троссемпе блоксене тĕрĕслеççĕ, ансатрах вырăн тупса, ыран ĕçлеме лебедкăна куçарса майлаштараççĕ. Çитес сменăра ĕçлеме лайăх хатĕрленсе çитсен тин вĕсем канма каяççĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене вĕреннĕ хыççăн, Червяковсем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх нормăна срокчен тултарма сăмах пачĕç. Иртнĕ çулта вĕсем нормăран иртерсе 4.000 кубометр йывăç кăларнă. Вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, вĕсем куллен 100 кубометртан кая мар йывăç кăларма сăмах панă. Вĕсем панă сăмаха чыслăн пурнăçлаççĕ.

**И. ГРИГОРЬЕВ.**

Улатăр.

# Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсем

## Паллă стахановка

Маргарита Васильевна Васильева совет саманинче ÿссе çитĕннĕ. Унăн биографийĕ совет çĕршывĕнчи пиншер çамрăксен биографийĕпе пĕр пекех. Вăл 1928 çулта Октябрьски районĕнчи Çĕнъял Пукаш ялĕнче çуралнă. Малтан Çĕнъял Пукашри пуçламăш шкулта, ун хыççăн Хуракассинчи вăтам шкулта вĕреннĕ. Унăн ашшĕ учитель пулнă, амăшĕ — колхозница.

Телейлĕ та савăнăçлă пурăннă Васильевăсен семьи. Анчах Ритăн телейлĕ ачалăхне юнлă вăрçă татнă. 1943 çулта унăн ашшĕ Тăван çĕршывшăн çапăçса пуçне хунă. 1945 çулта юратнă пиччĕшĕ Аркадий паттăрсен вилĕмĕпе вилни синчен хыпар килнĕ...

Рита пĕтĕм чун-чĕререн тискер вăрçа, юнлă фашизма ылханнă. Тăшмана çĕнтерме пулăшас, тесе, шкулта вĕреннĕ вăхăтрах колхозра ырми-канми ĕçленĕ.

Рита 1946 çулта Шупашкарти çу заводне ĕçе кĕнĕ. Çамрăк работница малтанхи уйăхсенчех стахановка ятне илме тивĕçлĕ пулнă.

— 1948 çулта эпĕ хаçатра Шупашкарти чăлха фабрикинчи стахановкăсем синчен çырнă статьяна вуларăм. Статья мана кăтă хумхантарчĕ. Хамăн та фабрикăра ĕçлес ĕмĕт çуралчĕ, — каласа парать Маргарита Васильевна.

Пирĕн çĕршывра кашни çамрăкăн ĕмĕчĕ пурнăçланма пултарать. Çамрăксемшĕн вĕренме те, ĕçлеме те çул уçă. 1948 çултанпа Васильева çак фабрикăра сортировщица пулса ĕçлет. Çамрăк работница малтанхи кунсенчен пуçласах хастарлăн ĕçлеме тытăнать. Унăн ячĕ Хисеп кĕнеки çинчен тухма пĕлмест. Сменăри нормăна 150—160 процент тултарса пырасси Васильевăн йăлине кĕрет. Çамрăк стахановкăна хастарлă ĕçшĕн фабрика администрацийĕ Хисеп грамотипе наградăланă, темиçе хутчен преми панă.

Васильева юлташ паллă стахановка кăна мар, активлă общественница та. Вăл фабрикăра культработник пулса ĕçлет, çамрăксене фабрикăра йĕркеленĕ хор кружокне ытларах хутшăнтарассишĕн тăрăшать.

— Маргарита Васильева хăйĕн ĕçне чунтан юратать, хăйĕн опычĕпе ытти çамрăк рабочисене пуллаштарать, — тет цех начальникĕ Н. С. Трагулистис юлташ.—1952 çулхи декабрь уйăхĕн планне вăл 175 процент тултарчĕ.

1950 çулхи мартăн 10-мĕшĕ çамрăк стахановкăшăн асран кайми кун пулнă. Ун чухне вăл ленинла-сталинла комсомол ретне кĕнĕ.

Вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май, чăлха фабрикин коллективĕ Маргарита Васильевăна Шупашкарти 60-мĕш округри суйлав комиссийĕн членĕ пулма уйăрнă.

Фабрикăри рабочисемпе служащисем, инженерсемпе техниксем çак кунсенче Васильева юлташа тепĕр хисеп турĕç: ăна 39-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама кандидата тăратрĕç.

— Васильева юлташ пирĕн шанчăка тÿрре кăларĕ, — терĕç вĕсем суйлав умĕнхи пухура.

М. В. Васильева хула Советне депутата суйлама тивĕçлĕ кандидат. Шансах тăмалла: Шупашкарти 39-мĕш суйлав округĕнчи суйлавçăсем февралĕн 22-мĕшĕнче мухтавлă производственница-стахановкăшăн, активлă общественницăшăн—Маргарита Васильевна Васильева юлташшăн тулли кăмăлпа сасăлĕç.

А. ЖИРНОВ.

## Колхоз ĕçĕн организаторĕ

Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз членĕсем 1947 çулхи январь уйăхĕнче Михаил Герасимович Долгов юлташа колхоз председательне суйланă.

Председательте ĕçлеме тытăнсанах Михаил Герасимович хăйĕн умне колхозри ĕç дисциплинине çирĕплетес, ялхуçалăх артелĕн Уставне çирĕп пурнăçласа пырас, колхозри кадрсене тĕрĕс суйласа илес, вĕсене ĕçлеме вĕрентес, пур ĕçе те çирĕп план тăрăх туса пырас задача лартнă. Вăл çакна лайăх пĕлнĕ: пĕтĕм ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне тата обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ÿстерсе пымасăр колхоз хуçалăхне вăйлатма май çук.

Умра тăракан задачăсене лайăх йĕркеса илнипе Долгов юлташ артель хуçалăхне ура çине тăратма тытăнать. Вăл ывăнма пĕлмесĕр ĕçлет, колхозниксене хуçалăхра тăрăшса ĕçлеме организацилет. Кĕске вăхăт хушшинчех «Гвардеец» колхоз районта çеç мар, республикăра та малта пыракан колхозсенчен пĕри пулса тăрать.

Иртнĕ çулсенче «Гвардеец» колхоз кашни гектартан вăтам шутпа 18 — 19-шар центнер тĕштырă туса илнĕ. 1952 çулта тырпул тухăçлăхĕ тата та пысăк пулнă, 585 гектар çинчен кашни гектартан 20,6 центнер тĕштырă пухса кĕртнĕ.

Колхозра обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхĕ ÿссе пырать. 1952 çулта кашни ĕнерен 1.909 литр сĕт суса илнĕ, кашни сурăхран 3,6 килограмм çăм каснă, 100 сурăхран 126 путек, кашни сысна аминчен 16 çура илсе ÿстернĕ. Обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли çĕнĕ, ăшă витесем туса лартнă, хĕл касарма апат çителĕклĕ хатĕрленĕ.

Колхоз иртнĕ çулта ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра туса пычĕ, государствăна тырă тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем памалли плана срокчен тултарчĕ. Çитес çуракине те колхоз тĕплĕн хатĕрленет. Суркунне акмалли çĕр лаптăкне пĕтĕмĕшпех кĕрхи çĕртме туса хăварнă, вăрлăх хывса çитернĕ. Халĕ колхозра минераллă удобренисем кÿрсе килес тата вырăнти удобренисем пухас тĕлĕшпе хĕрÿллĕ ĕç пырать.

«Гвардеец» колхоз членĕсем пуян та культурăллă пурăнаççĕ. Пурнăç лайăхлансах пырать. Артель членĕсем çуллелех кашни ĕçкунĕ çине 2—3 килограмран кая мар тĕштырă тата тĕрлĕ йышши продуктсем чылай илеççĕ. Колхозниксен килĕсенче Ильич лампочкисем çутатаççĕ, радио пур. Колхозри 243 хуçалăх 300 экземпляр тĕрлĕрен хаçат-журнал илсе тăрать.

Юлашки çулсем хушшинче колхозра электростанци, радиоузел, гараж, механизациленĕ арман тата ытти тĕрлĕрен обществăллă çуртсем туса лартнă.

Халĕ колхозра вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тултарас тĕлĕшпе хĕрÿ ĕç пырать. Колхоз членĕсем вырăнти Советсен суйлав кунĕ тĕлне вăрман хатĕрлемелли плана пур енĕпе те иртерсе тултарассишĕн пикенсе ĕçлеççĕ.

«Гвардеец» колхоз председателĕн Михаил Герасимович Долгов юлташăн Тăван çĕршыв умĕнчи тава тивĕçлĕ ĕçĕсене партипе правительство пысăка хурса хакланă. Пысăк тухăçлă тырпул туса илнĕшĕн Долгов юлташа 1947 çулта, вăл колхоз председателĕ пулса ĕçленĕ малтанхи çулах, Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ парса наградăланă. 1949 çулта ăна «Ĕçри хастарлăхшăн» медаль панă. Чăваш АССР-ĕ 30 çул тултарнă ятпа Михаил Герасимовича иккĕмĕш хут Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăланă.

Михаил Герасимович ĕçри çитĕнÿсемпе кăпланман, вăл çĕнĕрен те çĕнĕ ÿсĕмсем тăвассишĕн тăрăшнă, Унăн ĕçри ÿсĕмне палăртса, Совет правительстви 1952 çулта ăна Ленин орденĕ парса наградăларĕ.

«Гвардеец» колхоз членĕсем хăйсен суйлав умĕнхи пухăвĕнче, пурте пĕр сасăллă пулса, Анат Туçа суйлав округĕ тăрăх район Советне депутата суйлама колхоз председательне М. Г. Долгов юлташа кандидата тăратрĕç. Округри суйлав комиссийĕ унăн кандидатурине регистрацилерĕ.

Ленин — Сталин партийĕ ÿстерсе çитĕнтернĕ, ĕçре пиçĕхнĕ Михаил Герасимович Долгов коммунист район Совечĕн депутачĕ пулса халăх шанăçне тÿрре кăларĕ.

И. МЕШКОВ.

## Шанчăклă руководитель

КУКЕÇ. Крупская ячĕпе тăракан колхозри колхозниксен пухăвĕ, пĕр шухăшкăмăллă пулса, колхоз председательне Андрей Ефимович Ефимов юлташа ĕçсынни депутачĕсен ял Советне суйлама кандидата тăратрĕ. Унăн кандидатурине Çатра Лапсарти 8-мĕш суйлав округĕ тăрăх сасăлама регистрацилерĕç.

Ефимов юлташ — пултаруллă руководитель. Вăл районти чи пысăк колхоза ертсе пырать. Колхоз иртнĕ çул та вăйлă тырпул туса илнĕ, государство умĕнчи парăмсене парса татнă, кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана пур енĕпе те срокчен тултарнă. Халĕ колхозниксем тăрăшсах çуракине хатĕрленеççĕ. Çак кунсенче кăна 300 центнер минераллă удобренисем илсе килчĕç.

Ефимов юлташ обществăллă ĕçе активлă туса пырать, агитатор пулса, колхозниксем хушшинче час-часах докладсемпе калаçусем иртерет, кулленхи задачăсем çинчен пĕлтерсе тăрать, кашни кун мĕн ĕç тумаллине палăртса парать.

Çакăншăн ăна колхозниксем юратаççĕ. Пухура тухса калакан колхозниксем çапла каларĕç:

— Февралĕн 22-мĕшĕнче эпир пурте хамăрăн шанчăклă руководительшĕн, Совет Союзĕнчи Коммунистсен парти членĕшĕн—Андрей Ефимович Ефимов юлташшăн сасăлатпăр,— терĕç.

Ф МАРКОВ.

## Колхозниксен пухăвĕнче

КАНАШ. Кăçал туçа пĕтернĕ çĕнĕ клуба колхозниксем ушкăнăн-ушкăнăн пухăнаççĕ.

— Акă, ĕнтĕ, пирĕн колхозсем пĕрлешсе пысăкланнă хыççăн туса лартнă чаплă çурт. Çакăн пек пысăк çурта эпир хамăр колхозца лартайман пулăттăмăр,— тет Çĕнĕ Шуртан ялĕнчен килнĕ ватă колхозник Данилов юлташ.

Клуба тăватă ялтан 400 çын ытла пухăннă. Колхоз председателĕ Д. Николаев юлташ Чкалов ячĕпе тăракан колхоз членĕсен суйлав умĕнхи пухăвĕ уçăлни çинчен пĕлтерчĕ.

Канашри МТС директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ Н. Матвеев юлташ сăмах илет. Вăл хăйĕн сăмахĕнче ĕççынни депутачĕсен район Советне депутата суйлама кандидатсем тăратас вăхăт çитни çинчен каласа парать.

Унтан ферма заведующийĕ С. Егоров юлташ сăмах илет. Вăл район Советне депутата суйлама хальхи вăхăтра ял Совет секретарĕ пулса ĕçлекен Ефрем Михайлович Михайлов юлташа кандидата тăратма сĕнет.

Егоров юлташ сăмахĕпе килĕшни çинчен Яранскова Н. Кротов юлташсем каласа пачĕç.

Пуху, пĕр кăмăллă пулса, М. Е. Михайлов юлташа ĕççынни депутачĕсен Канаш район Советне депутата суйлама кандидата тăратма йышăнчĕ. Çавăн пекех суйлав умĕнхи пухура Канаш район Советне Пукăртан суйлав округĕ тăрăх депутата суйлама колхоз бухгалтерне Нина Федоровна Павлова юлташа кандидата тăратрĕç.

Çак пухурах Вăтакас Татмăш ял Советне депутата суйлама 18 çынна кандидата тăратма йышăнчĕç, довереннăйсем суйларĕç.

Т. ТУРХАН.

## Хастарлă ĕçлекенсем

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Иртнĕ кунсенче районти пур колхозсенче те пухусем пулса иртрĕç. Унта район Советне депутата суйлама халăхăн шанчăклă ывăл-хĕрĕсене кандидата тăратма йышăнчĕç.

ВКП(б) ячĕпе тăракан колхоз членĕсем Тральккасси суйлав округĕ тăрăх район Советне депутата суйлама 10 çул хушши ытла конюх пулса ĕçлекен Пелагея Николаевна Манашкина юлташăн кандидатурине тăратрĕç. Манашкина юлташ 1951 çулта хăйне çирĕплетсе панă 3 кĕсререн, иртнĕ çулта 4 кĕсререн пĕрер тиха илсе ÿстернĕ тата хăй пăхакан кĕсресене пурне те вăхăтра чуптарса хăварнă.

Маленков ячĕпе тăракан колхоз членĕсен пухăвĕ Утаркасси суйлав округĕ тăрăх район Советне депутата суйлама Елена Федоровна Москалева дояркăна кандидата тăратрĕ. Вăл 1948 çултанпа колхозра доярка пулса ĕçлет, сусеренех ĕнесенчен сĕт суса илессине ÿстерсе пырать.

Буденный ячĕпе тăракан колхоз членĕсем район Советне депутата суйлама хăйсен председательне Иван Григорьевич Савельев юлташа, колхозăн обществăллă хуçалăхне тĕреклетсе пыма пултаракан коммуниста кандидата тăратрĕç. Савельев юлташ тăрăшнипе колхозлă яла пĕтĕмпех электрификациленĕ тата радиофикациленĕ.

Район Советне депутата суйлама кандидата тăратнисем хушшинче Мичурин ячĕпе тăракан колхозри П. Волковăна — ĕçчен колхозницăна, «День урожая» колхозăн пултаруллă председательне Ф. Палейкин юлташа, Саланчăк поселок Совечĕн председательне А. Здоров юлташа, партипе совет учрежденийĕсенче ĕçлекен работниксене курма пулать.

Район Советне суйламалли округсенчи суйлав комиссийĕсем кандидатсене регистрацилерĕç.

В. ЧОБАЙКИН.

## Австрипе государство договорĕ тăвас ыйту пирки Совет Правительстви США, Великобритани тата Франци Правительствисене панă НОТĂСЕМ

Кăçал январĕн 12-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Австрипе договор тăвас ыйтупа США, Великобританин тата Франци Правительствисенчен нотăсем илнĕ. Виçĕ державăн Правительствисем асăннă нотăсенче, ООН Генеральнăй Ассамблейи 1952 çулхи декабрĕн 20-мĕшĕнче Австри ыйтăвĕпе йышăннă резолюцие кăтартса парса, çывăх вăхăтрах Австри договорĕ пирки Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен Заместителĕсен канашлăвне пухма сĕнеççĕ.

Январĕн 27-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви США, Великобританин тата Франци Правительствисен çÿлте асăннă нотисем çине ответлесе Совет Правительстви çырнă нотăсене США-н, Великобританин тата Францин Мускаври Посольствисене ярса панă.

Совет Правительстви 1953 çулхи январĕн 27-мĕшĕнче ответлесе çырнă, США Правительствине ярса панă нотăна аялтарахра пичетлетпĕр.

«Австри ыйтăвĕ пирки США Правительстви кăçалхи январĕн 12-мĕшĕнче ярса панă нотăна илни çинчен пĕлтерсе, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви çапла калама кирлĕ тесе шутлать.

США Правительстви хăйĕн нотинче ООН Генеральнăй Ассамблейи 1952 çулхи декабрĕн 20-мĕшĕнче Австри ыйтăвĕ пирки йышăннă резолюцие илсе кăтартать. Çав резолюцирен тăватă державăшăн кашниншĕнех—ССР Союзĕшĕн, США-шăн, Англипе Францишĕн—Австри тĕлĕшпе обязательствăсем тухса тăраççĕ пулать. Çакна май Совет Правительстви çакăн çинчен асăрхаттарма кирлĕ тесе шутлать: Австри ыйтăвне ООН-ра лартни, çавăн пекех вăл ыйтупа йышăнçă резолюци законлă мар, мĕншĕн тесен ООН Уставĕн 107-мĕш статьи тăрăх Австри ыйтăвне ООН татса пама тивĕçлĕ мар, ку ыйтăва тăватă держава — СССР, США, Англипе Франци—кăна татса пама тивĕçлĕ. Çак державăсем Австри тĕлĕшпе обязательствăсем илнĕ, çав обязательствăсене тăватă держава хăйсем хушшинче тунă килĕшÿсенче палăртнă.

США Правительстви нотăра Австри ыйтăвĕпе Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен Заместителĕсен канашлăвне пухма сĕннĕ пирки çапла калас пулать. Совет Правительстви, паллă ĕнтĕ, тăватă держава Правительствисем маларах калаçса татăлнипе килĕштерсе Австрипе государство договорĕ тăвас ĕçе хăвăртрах вĕçлеме США, Англи тата Франци Правительствисене темиçе хутчен те сĕннĕччĕ. Çак ыйтупа 1952 çулхи августăн 14-мĕшĕнче тата сентябрĕн 27-мĕшĕнче панă нотăсенче Совет Правительстви çапла тумаллине кăтартса панăччĕ: Австрипе тумалли государство договорĕн çÿлте асăннă проекчĕ 1943 çулта Мускаврă йышăннă Деклараци çинче никĕсленсе тăмалла, тепĕр хут ирĕклĕ тата никама пăхăнман Австри тăвассине палăртмалла. Австрипе тумалли государство договорĕн проекчĕ тăватă держава Потсдамра тунă, Австри тĕлĕшпе вĕсен пĕтĕмĕшле политикине палăртакан килĕшÿ çинче, çавăн пекех СССР, США, Англи тата Франци Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен 1949 çулхи июнь уйăхĕнчи канашлăвĕнче Австри тĕлĕшпе политикăллă тата экономикăллă ыйтусемпе йышăннă пысăк пĕлтерĕшлĕ постановленисем çинче никĕсленсе тăмалла.

Анчах та США Правительстви, Англипе Франци Правительствисем пекех, Австрипе государство договорĕ тăвас вырăнне «кĕскетнĕ договор» текенскерне тутарма хăтланса, Совет Правительствин асăннă сĕнĕвĕсене йышăнассинчен пăрăнчĕ, çапла вара, Австрипе государство договорĕ тума чăрмантарас политикăна малалла тытса пычĕ.

«Кĕскетнĕ договор» вара Потсдамри конференцийĕн решенийĕсемпе тата СССР, США, Англи, Франци—Австри тĕлĕшпе тунă ытти килĕшÿсемпе килĕшсе тăмасть, «Кĕскетнĕ договорта» чăннипех никама пăхăнман тата демократиллĕ Австри государствине тума пулăшакан постановленисене нимĕн чухлĕ те палăртман. «Кĕскетнĕ договор» çавăн пекех Австри халăхне демократиллĕ прависемпе ирĕклĕхсем памасть, Австрире тепĕр хут фашистла режим туса хума тата унпа Çурçĕр Атлантика блокĕн агрессиллĕ планĕсене пурнăçлас тĕллевпе усă курма аннă майсем туса парать. США, Великобритани тата Франци Правительствисем хăйсем Германин Хĕвелтухăç Австрири активĕсем пирки Потсдамра илнĕ обязательствăсене «кĕскетнĕ договорта» палăртмаççĕ.

Çакна май тата çакăн çинчен асăнмасăр иртсе кайма çук. Австри Правительстви Австрипе тумалли государство договорĕн проектне хирĕç, «кĕскетнĕ договор» текенскерĕ майлă тăрать. Çакă вăл унăн 1952 çулхи июлĕн 31-мĕшĕнче çырнă меморандумĕнчен тата Австрин официальнăй представителĕсем каланисенчен курăнать. Анчах та «кĕскетнĕ договор» текенскер Австри ыйтăвне йĕркелес ĕçе пулăшмасть тата Австри халăхĕн наципллĕ интересĕсене нимĕн чухлĕ те тивĕçтермест.

Австрипе договор тăвассине хăвăртлатас тĕллевпе, Совет Правительстви икĕ хутчен—1952 çулхи августăн 14-мĕшĕнче панă нотăра тата сентябрĕн 27-мĕшĕнче панă нотăра—хăй Австри ыйтăвĕ пирки тăватă держава представителĕсен канашлăвне хутшăнма хатĕр пулнине палăртрĕ. Совет Правительстви çав вăхăтрах малтанлăха çакна ыйтса пĕлме кирлĕ тесе шутланăччĕ: США Правительстви, çавăн пекех Англипе Франци Правительствисем те, хăйсем Австри валли хатĕрленĕ «кĕскетнĕ договор» текенскерĕ çинчен кăларса тăратнă сĕнĕвĕ каялла илме тата Австрипе тумалли государство договорне вĕçне çитиччен пăхса тухма килĕшеççĕ-и?

Совет Правительстви США Правительствинчен, çавăн пекех Англипе Франци Правительствисенчен те, çак ыйту çине ку таранччен те ответ илеймерĕ. США, Англи тата Франци Правительствисем январĕн 12-мĕшĕнче панă хăйсен нотисенче кăллех Совет Правительстви лартнă ыйту пирки нимĕн те шарламаççĕ.

1952 çулхи январĕн 18-мĕшĕнче, августăн 14-мĕшĕнче тата сентябрĕн 27-мĕшĕнче панă нотăсенче каланă шухăшсене çирĕплетсе, Совет Правительстви хăй Австри ыйтăвĕ пирки тăватă держава представителĕсен канашлăвне хутшăнма хатĕрри çинчен тепĕр хут пĕлтерет. Çакăнпа пĕрлех Совет Правительстви малтанлăха США Правительствинчен, çавăн пекех Англипе Франци правительствисенчен те, çÿлте асăннă ыйту çине ответ илмо, «кĕскетнĕ договор» çинчен кăларса тăратнă сĕнĕвĕ пăрахăçлама тата Австрипе тумалли государство договорне пăхса тухас ĕçе туса çитерме, çапла вара тепĕр хут ирĕклĕ те никама пăхăнман Австри тума пулăшма пулса илнĕ обязательствăсене пурнăçлама хатĕр пулни çинчен пĕлме кирлĕ тесе шутлать.

Çакăн пек нотăсене Англипе Франци Правительствисене те ярса панă».

# СУЙЛАВ УМĔНХИ КУНСЕМ

Ял умв чухнехи пек капăрланнă. Çăта пăхатăн унта хĕрлĕ ялав вĕлкĕшет. Илемлетсе çырнă лозунгсем ĕççыннисене суйлава çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илме, çитес суйлавра хăйсен сассисене пĕр çын пек пулса коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн пама чĕнеççĕ.

Участокри суйлав комиссийĕнче кашни кунах çынсем нумай пулаççĕ. Суйлавçăсем хăйсене списока кĕртнипе кĕртменнине тĕрĕслеççĕ.

Акă, комисси вырнаçнă пÿлĕме колхозри паллă доярка М. Степанова юлташ пырса кĕчĕ. Хăйне суйлавçăсен списокне кĕртнине тĕрĕслеттерчĕ.

— Тав. Тĕрĕс çырнă,— терĕ вăл.

— Вырăнти Советсен суйлавĕ хăçан пулассине тата район Совечĕпе ял Советне депутата суйлама камсене кандидата тăратнине пĕлетĕр-и эсир?—ыйтать комисси председателĕ Н. Васильев юлташ.

— Пĕлмесĕр. Питех те лайăх пĕлетпĕр,— тет вăл.

Ун хыççăн Н. Моисеева, В. Никитина, А. Вашутина юлташсем—çамрăк суйлавçăсем пычĕç. Вĕсем кăçал пĕрремĕш хут сасăлаççĕ. Хумханса пăхса тăраççĕ вĕсем суйлавçăсен спискĕ çине. Чылай ыйтусем пачĕç вĕсем комисси членĕсене.

Суйлавçăсемпе ĕçлессине лайăхлатас майпа, комисси членĕсем суйлав положенипе Сталинла Конституцине вĕренеççĕ. Кашни эрнерех икшер занятия пулать. Занятисене ирттерме ял Совечĕн работникĕсем пулăшаççĕ.

Суйлав участокĕн территоринче пур çĕрте те суйлав хăçан пулассина, суйлав участокĕн адресне пĕлтерсе алла çырнă пĕлтерÿсем çырса çапнă. Комисси членĕсем кашни суйлавçă валлиех суйлава пыма чĕнсе пĕлтерÿсем çырса хатĕрлеме тытăнчĕç. Вĕсенче суйлав хăçан, ăçта пуласси, хăш вăхăтра пуçланасси çинчен çырнă.

Суйлав комиссийĕ суйлава ирттерме тĕплĕн хатĕрленет. Суйлав кунĕнче кирлĕ пулакан мĕнпур япаласене: сĕтел-пукан, лампа, вутă-шанкă, краççын, хуткăрандашсем т. ыт. те кирлĕ чухлĕ хатĕрлесе хунă. Суйлав кунĕнче суйлавçăсен кану вăхăтне мĕнле йĕркелесси çинчен те шухăшласа пăхнă.

Суйлав комиссийĕн пÿлĕмĕпе юнашар—агитпункт. Кунта таса, çутă, ăшă. Стенасем çинче партипе правительство руководителĕсен сăнĕсем, илемлетсе çырнă лозунгсемпе плакатсем. Пысăк та вăрăм сĕтелсем çинче хаçатсемпе журналсем выртаççĕ. Справка сĕтелĕ умĕнче темиçе суйлавçă хăйсен заем облигацийĕсене тĕрĕслеççĕ. Агитпунктăн тепĕр пÿлĕмĕнче лекцисемпе докладсем, калаçусем, киносем, çамрăксен каçĕсем пулаççĕ. Библиотекăра 2 пин кĕнеке ытла.

Агитпункт агитациллĕ-массăллă ĕçе вăйлатрĕ. Суйлав кампанийĕ пуçланнăранпа суйлав законĕпе Сталинла Конституци, коммунизмăн аслă стройкисем, партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем, тĕнчери лару-тăру çинчен 12 лекципе докладсем ирттернĕ. Кунсăр пуçне 19 агитатор хăйсене çирĕплетсе панă участоксенче 4—5-шер калаçу ирттернĕ.

Агитаторсен ĕçри паха енĕ—итлекенсене интереслентерме, пĕтĕм кăмăлтан каласа пама, вĕсен шухăш-кăмăлĕсене ăнланса пĕлнинче пулса тăрать. П. Григорьев агитатор хăйĕн участокĕнчи суйлавçăсем патĕнче кашни кунах пулать, суйлав положенипе паллаштарать. Агитатор хăйĕн ĕçне калаçусем ирттернипех вĕçлемест, суйлавçăсене пулăшу та парать. Суйлавçăсем хускатнă ыйтусене татса пама ял Совечĕпе колхоз правленине пырса калаçать.

Ăнлантаруллă ĕçе В. Васильев юлташ та ăнăçлă туса пырать. Пуçаруллă агитатор массăллă ĕçе интереслĕ ирттерме лайăх майсем тупать. Çак кунсенче вăл çамрăк суйлавçăсемпе «Совет влаçĕ—санăн телейÿ, санăн пурнăçу» темăпа калаçу ирттерчĕ. Калаçу вăхăтĕнче вăл Н. Островский, А. Фадеев произведенийĕсенчен Тăван çĕршыва чечеклентерессишĕн çамрăксем мĕнле кĕрешнине кăтартакан вырăнсене вуласа панă. Нумаях пулмасть суйлавçăсемпе «Пирĕн ялăн ĕлĕкхипе хальхи пурнăçĕ» тема тăрăх калаçу ирттерчĕ. Калаçăва ирттерме вăл тĕплĕн хатĕрленнĕ, ялти ватă çынсемпе калаçнă, вырăнти фактсене нумай пухнă.

Ф. Игнатьев, А. Ижеева, Н. Иванов агитаторсем те ĕççыннисем хушшинче час-часах калаçусем ирттереççĕ. Вĕсем ĕççыннисене хамăр çĕршыври тата тĕнчери лару-тăрусем çинчен, капитализмлă çĕршывсенчи ĕççыннисем миршĕн кĕрешни, Совет Союзĕ—мирĕн никам хавшатайми тĕрекĕ, мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисен авангарчĕ пулса тăни çинчен каласа параççĕ, суйлав положенипе, район Совечĕпе ял Советне депутата суйлама тăратнă кандидатсен пурнăçĕпе тата ĕçĕсемпе паллаштараççĕ, коммунизмăн аслă стройкисем, партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен каласа параççĕ.

Агитпунктра «Çамрăк суйлавçăн суйлав положенийĕ çинчен мĕн пĕлмелле», «Партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем», «Агитатора—пулăшу» темăсемпе кĕнекесен витринисем тунă.

«Суйлавçă» ятлă стена хаçачĕ тухать. Вăл суйлавçăсене суйлав положенипе, район Совечĕпе ял Советне депутата суйлама тăратнă кандидатсен пурнăçĕпе тата ĕçĕсемпе паллаштарать, лайăх ĕçлекен агитаторсен ĕçри паха опытне, колхоз хресченĕсен суйлав умĕнхи çĕкленĕвне çутатать, ĕçри çитменлĕхсене критиклет.

Агитпунктра ял культурине, колхоз хуçалăхĕ çулсеренех вăйланса тата тĕрекленсе пынине кăтартакан диаграммăсем нумай.

Агитаторсем, стена хаçат редакторĕсем, довереннăйсем валли кашни эрнерех канашлусемпе семинарсем пулаççĕ. Çак кунсенче кунта ялти интеллигенцин пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта «Ялти интеллигенцин вырăнти Советсене суйламалли тапхăрти задачисем» çинчен сÿтсе явнă.

Ял Советне суйламалли суйлав округĕсенче те хĕрÿ ĕç пырать.

Акă 4-мĕш суйлав округĕн çурчĕ. Кунта ватă суйлавçăсем те, çамрăккисем те йышлăн пухăннă. Довереннăй А. Афанасьев юлташ ял Советне депутата суйлама тăратнă кандидатăн — колхозри паллă стахановка Любовь Ивановна Ивановăн пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен каласа пачĕ.

— Любовь Ивановна пирĕн çын. Колхоз ĕçĕнче ÿссе çитĕннĕ хĕр. Ăна эпир колхозри мĕнпур ĕçсенче курма пултаратпăр. Суха-сÿре тăвать-и вăл, тырă вырса авăн çапнă çĕрте ĕçлет-и—пур çĕрте те ĕçшĕн çуннине, ăна юратса тунине кăтартса парать. Ялхуçалăх ĕçĕсене вĕçленĕ хыççăнах, колхоз правленийĕ ăна вăрмана йывăç турттарма уйăрса ячĕ. Кунта та вăл ĕç нормине кулленех ирттерсе тултарать,— тесе вĕçлерĕ довереннăй хăйĕн сăмахне, суйлав кунĕ Л. И. Иванова юлташшăн пĕр çын пек пулса сасăлама чĕнсе.

Стена çумĕнче — боевой листок. Ял Советне депутата суйлама тăратнă Л. И. Ивановăн кандидатурине округри комисси ĕнер кăна регистрациленĕ пулин те, ун çинчен боевой листокра çутатса пама ĕлкĕрнĕ те.

Довереннăй хыççăн агитатор О. Яндышева юлташ партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен калаçу ирттерчĕ. Калаçăва ирттернĕ хыççăн «Коммунизм ялавĕ» хаçатра Пĕтĕм Союзри гидроэнергопроект институчĕн экспедицийĕн участникĕ Г. Матвеев çырнă «Пиллĕкмĕш тинĕс» очерка вуласа пачĕ.

— Ĕлĕкхипе танлаштарсан нумай улшăнчĕ пирĕн çĕршыв, юлашки пилĕк çуллăхра татах нумай улшăнмалла. Шупашкар патĕнче те пысăк гидроэлектростанци пулать. Çак пÿртре те унăн çутти ялкăшмалла ĕнтĕ,—тет ватă конюх Л. Румянцев юлташ.

— Çакă мĕн çинчен калать-ха?—ыйтать агитатор суйлавçăсенчен.

— Пирĕн партипе правительство, аслă Сталин совет çыннисемшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшни çинчен, пирĕн татах та лайăхрах ĕçлемелли çинчен.

Пур округсенче те ял Советне депутата суйлама тăратнă кандидатсене регистрациленĕ. Пĕр кас та суйлав округĕсенче ахаль иртмест. Довереннăйсемпе агитаторсем суйлавçăсем хушшинче вĕсен пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен каласа параççĕ, суйлав кунĕ хăйсен сассисене коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн пĕр çын пек пулса сасăлама чĕнеççĕ.

«Большевик» колхоз членĕсем суйлав кунне çуракине пур енчен те хатĕрленсе çитнипе, кĕркуннепе хĕллехи сезонта йывăç турттармалли плана тултарнипе кĕтсе илме обязательство илнĕ. Ăна вĕсем ĕçпе пурнăçласа пыраççĕ. Çуракине хатĕрленес тĕлĕшпе колхозра чылай ĕçсем тунă ĕнтĕ. Акма кирлĕ чухлĕ вăрлăх тахçанах хатĕрлесе хунă. Вăрлăхсем тасатма уйăрнă бригадăра колхозниксем кулленех нормăна ирттерсе тултараççĕ. Хĕллехи агротехника мероприятийĕсене пурнăçласа, колхозниксем вырăнти удобренисем ытларах пухма, юр тытма тăрăшаççĕ. Кĕске вăхăт хушшинчех колхоз ĕçченĕсем 90 гектар çинче юр тытнă. Уя, колхоз фермисенчен тислĕк кăларнисĕр пуçне, ялпа юнашар ларакан вăрман пунктĕнчен те икĕ пин ытла лав тислĕк турттарма палăртнă. Суйлав кунĕччен бригадăсем уя 3 пин лава яхăн тислĕк кăларассишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ. Тимĕрçĕ лаççинче те иртен пуçласа каçченех хĕрÿ ĕç вĕрет Тимĕрçĕсем сеялкăсене юсаса çитернĕ, плугсене те суйлавччен юсаса çитерессишĕн ăмăртаççĕ.

Вăрманта йывăç турттаракансем П. Толстов коммунист ертсе пыракан бригадăри лавçăсем те ĕç тухăçлăхне кунсеренех ÿстерсе пыраççĕ.

— Пирĕн сăмах çирĕп. Суйлава эпир йывăç турттармалли плана тултарнипе кĕтсе илетпĕр,— теççĕ çамрăксем.

Фермăра ĕçлекенсем патĕнче И. Васильев агитатор час-часах пулать. Вăсене выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансен республикăри канашлăвĕ пулса иртни, канашлу участникĕсем чĕнсе калани, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕ республикăри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн работникĕсем хушшинче социализмла ăмăрту организацилеме йышăнни, ăмăрту условийĕсем çинчен каласа пачĕ.

Фермăра ĕçлекенсем кăçал кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.500 литр сĕт, кашни сурăхран 3 килограмм çăм касса илме, çамрăк выльăхсене тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстерме обязательство илчĕç.

Н. ЦВЕТКОВ.

Етĕрне районĕ.



Венгри Халăх Республикин правительстви ĕççыннисемпе вĕсен ачисен сывлăхĕшĕн хытă тăрăшать. Çĕршывра çĕнĕ больницăсем, ача санаторийĕсем уçăççĕ. Венгрири врачсем совет врачĕсен опытне вĕренеççĕ, халăха медицина енĕпе пулăшассине лайăхлатса пыраççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: ачасен сывлăхне çирĕплетмелли санаторире (Будапешт районĕ). Оскар Гэргени доктор çамрăк ача сывлăхне пăхать.

МАДЬЯРФОТО фотоÿкерчĕкĕ.

## Совет Çарĕ Венгрие ирĕке кăларнăранпа 8 çул тултарнине паллă тума хатĕрленни

БУДАПЕШТ, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Çарĕ Венгрие ирĕке кăларнă кун ячĕпе Венгрири предприятисенче ăмăрту сарăлса пырать. Çĕршыва ирĕке кăларнă куна апрелĕн 4-мĕшĕнче паллă тăваççĕ. Фабрикăсемпе заводсен коллективĕсем çĕнĕ, пысăкрах обязательствăсем илеççĕ.

Матиас Ракоши ячĕпе тăракан комбинат коллективĕ 1953 çулхи пĕрремĕш кварталта планран ирттерсе 5.447 пин форинтлăх продукци туса кăларма, материалсемпе чĕртавар нумай перекетлеме обязательствăсем илнĕ. Совет предприятийĕсенчен пример илсе, комбинатри металлургсем оборотри укçана 6.260 пин форинт пушатма палăртнă.

Айк çĕр кăмрăк бассейнĕнчи «Армин» шахтăри горняксем Совет Çарĕ Венгрие ирĕке кăларнăранпа 8 çул тултарнă ятпа кулленхи заданисене иртерсе тултарма, апрелĕн 4-мĕшĕ тĕлне планран иртерсе 3.700 тонна çĕр кăмрăк пама обязательство илнĕ. Январĕн 1-мĕшĕпе 23-мĕшĕ хушшинче вĕсем планран иртерсе 800 тонна çĕр кăмрăкĕ кăларнă та ĕнтĕ.

Пĕтĕм халăхăн çитес уявĕ ячĕпе çĕнĕрен те çĕнĕ предприятисем социализмлă ăмăртăва хутшăнаççĕ.

## „Ромыниа либера“ хаçат 10 çул тултарнă

БУХАРЕСТ, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Вунă çул каярах—1943 çулхи январĕн 28-мĕшĕнче «Ромыниа либера» хаçатăн пĕрремĕш номерĕ тухнă. Ун чухне ăна вăрттăн кăларса тăнă. Халĕ вăл хаçат Румынири халăх Совечĕсен органĕ пулса тăрать. Çĕршыва фашистсем оккупациленĕ тапхăрта хаçат Румыние Совет Союзне хирĕç вăрçма пăрахтарассишĕн, Румыни халăхĕ курайман вăрçăран кăларассишĕн, фашистла диктатурăна сирпĕтсе антарассишĕн кĕрешнĕ, «историллĕ» партисем текенскерсен сутăнчăкла ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларнă.

Халăх демократи стройне туса хунă хыççăн «Ромыниа либера» хаçат ĕççыннисен массисене çĕршывра социализм никĕсĕсене тăвассишĕн кĕрешме организацилесе пырать.

Халăх демократи государстви умĕнче тунă тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн «Ромыниа либера» хаçата «Защита Родины» орден парса наградăланă.

Хаçат тухма пуçланăранпа 10 çул тултарнă ятпа паян Бухарестра савăнăçлă пуху иртернĕ.

### БОЛГАРИРЕ ÇĔРЕ ШĂВАРМАЛЛИ СИСТЕМĂСЕМ ТĂВАÇÇĔ

СОФИЯ, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Болгари Халăх Республикинче гидротехникăллă тата гидромелиоративлă строительство анлăн сарăлса пырать. Гидромелиоративлă строительство уйрăмах 1952 çулта анлăн сарăлнă. Иртнĕ çулта Брышлянăри И. В. Сталин ячĕпе тăракан, Никопол-Белене-Свиштовски, Червенобряжески, Росицки, Первомайски системăсене ĕçе янă. Вĕсем 50 пин гектар çĕре шăварма май параççĕ. Çулталăк хушшинче насус станцийĕсем 185 тунă. Вĕсем 40 пин гектар çĕр валли шыв парса тăраççĕ.

Кăçал Болгарири çĕр шăвармалли чи пысăк системăсенчен пĕрне — Стара-Загорскри системăн тĕп каналне тума пуçланă. Димитров ячĕпе тăракан тата «Гюрга» водохранилищисемпе пĕрле çак система Стара-Загорск айлăмне ситеклĕ тăран шыв парса тăракан пулать. Стара-Загорск системине тăвакансен 2.662 километр тăршшĕ канал чавма, 630 километр тăршшĕ çул, 35 кĕпер, насус станцийĕсем тата шыв тытса тăмалли вырăнсем нумай тума тивет. Çавăнпа пĕрлех вăрман тăрăхĕсем 900 километр тăршшĕ тăваççĕ.

# Кореяйăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНАЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнай командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Корея Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем иртнĕ кун хушшинче мĕнпур фронтсенче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç артиллерирен персе тăнă. Фронтсенче урăх улшăнусем пулман.

Самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 3 самолетне персе ÿкернĕ, Вăл самолетсем мирлĕ хуласемпе ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахнă çĕре хутшăннă пулнă.

ПХЕНЬЯН, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнай командованийĕ январĕн 28-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Корея Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле иртнĕ кун хушшинче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Ĕнер Америкăн «В-29» йышши бомбардировщикĕсем Нанкван районĕнчи мирлĕ халăх пурăнакан ялсем çине тепĕр хут пырса тапăннă, тискеррĕн бомбăсем пăрахнă. Ачасене, ватă çынсемпе хĕрарăмсене нумай вĕлернĕ. Пурăнмалли çуртсене нумай ишĕлтернĕ.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 4 самолетне персе ÿкернĕ, 3 самолетне сиенленĕ.

## Америка интервенчĕсем Кореяйăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахаççĕ

ПХЕНЬЯН, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ Кореяйăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине тискеррĕн тапăнма чарăнмасть. Ĕнер çĕрле 12 сехетре Америкăн вуншар йывăр бомбардировщикĕсем Чунхва уездĕнчи Намчон вулăсĕнчи ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахнă. Рис акнă уй-хирсем çине сывлăшри вăрă-хурахсем тĕрлĕ калибрлă бомбăсем çĕршер пăрахнă. Вĕсен шутĕнче пĕрер тонна туртакан бомбăсем 50 яхăн. Тискеррĕн пырса тапăннине пула нумай хресченсене, хĕрарăмсемпе ачасене вĕлернĕ тата амантнă. Бомбăсем тÿрех пырса лекнине пула хресченсен 10 çурчĕ пĕтнĕ, унти çемьесем те вилнĕ. Ялти икĕ клубпа больницăна ишĕлтернĕ тата çунтарса янă.

Кореяйăри Центральнăй телеграф агентстви Америка авиацийĕ Пхеньян, Аньчжу, Вонсан, Хамхын çине тискеррĕн пырса тапăнни çинчен пĕлтерет.

## Америка вăрă-хурахĕсем Кореяйăра бактериллĕ хĕçпăшалпа усă кураççĕ

ПХЕНЬЯН, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Кореяйăри хаçатсем Америка интервенчĕсем Кореяйăра преступникла бактериллĕ вăрçă туса пыма чарăнманни çинчен çĕнĕ хыпарсем пичетлеççĕ.

Паян Кореяйăри Центральнăй телеграф агентстви хăйĕн корреспонденчĕ Юн Бок Кюн Хĕвеланăç фронтĕнчен панă хыпара пĕлтернĕ. Унта çапла каланă: иртнĕ çулхи ноябрь уйăхĕнче Америка самолечĕсем çинчен чир ертнĕ хурт-кăпшанкăсем пăрахнине Хĕвелтухăç фронтĕнче палăртнă пулсан, нумаях пулмасть вара хурт-кăпшанкăсене—ерекен чир-чĕрсен бактерийĕсене саракансене Хĕвеланăç фрончĕн районĕнче те пăрахнă. Çапла пĕлтереççĕ: Америкăн тинĕс енчен касхине вĕçсе пынă самолечĕ Китай халăх добровольцĕсен Н-ски чаçĕн саккăрмĕш ротин позицийĕсем çине бактериллĕ бомбăсем иккĕ пăрахнă. Постра тăракан салтак юр çинче хура шăнасем питĕ нумаййине асăрханă. Вăл шăнасем самолет çинчен пăрахнă, сывлăшра усăлса каякан бомбăсенчен тăкăннă. Салтак ун çинчен пĕр тăхтаса тăмасăр рота командирне пĕлтернĕ. Тĕпчесе пĕлнĕ хыççăн çакна палăртнă: Америка самолечĕсем çинчен пăрахнă шăнасем ерекен чир-чĕрсем саракансем пулса тăраççĕ. Бактериллĕ икĕ бомба пăрахнă вырăнта юр çинчи мĕнпур шăнасене Китай халăх добровольцĕсен санитари работникĕсем пĕтернĕ.

## Мире хÿтĕлес тĕлĕшпе пухăннă Пĕтĕм Кореяйăри конгресс

ПХЕНЬЯН, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Пхеньянра мире хÿтĕлес тĕлĕшпе пухăннă Пĕтĕм Кореяйăри конгресс пулса иртнĕ. Конгресс президиумĕнче — «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» Пĕтĕм тĕнчери Сталинла премии лауреачĕ ятне илнĕ Пак Ден Ай, Кореяйăри мире хÿтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен комитетăн Центральнăй Комитечĕн членĕсем, халăхсен мире хÿтĕлес тĕлĕшпе пухăннă Конгресĕнче пулнă Корея делегацийĕн членĕсем.

Кореяйăри мире хÿтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен комитетăн секретарĕ Тен Дон Хек конгресс уçăлни çинчен пĕлтерет. Хисеплĕ президиума И. В. Сталина, Ким Ир Сена, Мао Цзе-дуна, Фредерик Жолио-Кюрине суйлаççĕ. Конгресра пулнисем нумайччен тăвăллăн алă çупаççĕ.

Тен Сен Ен доклад туса панă. Халăхсен мире хÿтĕлес тĕлĕшпе пухăннă Конгресĕ, тенĕ вăл, миршĕн тăракансен ÿссе пыракан пĕрлĕхне кăтартса пачĕ, Аслă Отечественнăй вăрçăра Америка агрессорĕсене хирĕç хăйсен ирĕклĕхĕпе нацин никама пăхăнманлăхĕшĕн, çĕнĕ çĕнтерÿсемшĕн паттăррăн кĕрешекен Корея патриочĕсене хавхалантарчĕ. Конгресс решенийĕсем Корея халăхĕн çĕнтерÿ тăвас шанчăкне çирĕплетеççĕ.

Доклад тăрăх пренисем пулнă хыççăн, мире хÿтĕлес тĕлĕшпе пухăннă Пĕтĕм Кореяйăри конгресс участникĕсем пĕр кăмăллă пулса постановлени йышăннă. Вăл постановленире халăхсен мире хÿтĕлес тĕлĕшпе пухăннă Конгресăн решенийĕсене ырланă.

## Америка самолечĕсем каллех Китай чиккисем урлă вĕçсе каçнă

ПЕКИН, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Мукденран çапла пĕлтерет:

Январĕн 23-мĕшĕнче Китайăн сывлăшçар вăйĕсен самолечĕсем Америкăн тепĕр çар самолетне персе ÿкернĕ. Вăл самолет Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайри Ляодун провинцийĕнчи Куаньдянь районне вĕçсе пынă пулнă. Çакă «F-86» йышши самолет Китай территорийĕ çинче юлашки икĕ эрне хушшинче персе ÿкернĕ иккĕмĕш самолет пулать. Самолета персе тивертсен, Эдвин Льюис Хеллер летчик парашютпа сикнĕ. Ăна тыткăна илнĕ. Хеллер—подполковник. Вăл Америкăн пиллĕкмĕш авиасоединенийĕнчи 51-мĕш авиаци полкĕнчи 16-мĕш эскадрилинче службăра тăнă. Вăл эскадрили командирĕ пулса тăрать, унăн хăйĕн номерĕ—9900-А.

Çак кун Куаньдянь уезчĕн районне чикĕ урлă Америкăн 4 самолечĕ вĕçсе каçнă. Вĕсем Кореяйăри Ыйчжу хули енчен вĕçсе пынă. Вĕсенчен пĕрне Китай самолечĕсем персе ÿкернĕ хыççăн, ыттисем вĕçсе тарнă.

## Пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕнче

БУХАРЕСТ, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Бухарест хулинчи театрта пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕн пĕрремĕш вăййи пулса иртнĕ. Турнира вунă çĕршыв представителĕсем, çав шутра Совет Союзĕн представителĕсем те хутшăнаççĕ.

Курма пынă çынсем Совет Союзĕнчи çамрăк шахматист Спасский Смыслов гроссмейстерпа выляннине хытă интересленсе пăхнă. Вăйă Спасский çĕнтернипе вĕçленнĕ. Польша шахматисчĕ Слива лайăх вылянă. Вăл Штольца (Швеци) çĕнтернĕ. Петросянпа (СССР) Барда (Норвеги) хушшинчи вăйă нихăш те çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ. Чехословаки шахматисчĕсем Филиппа Шайтар хушшинчи, Голомбекпа (Англи) Милев (Болгари) хушшинчи партисем те çавăн пекех нихăш те çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ. Совет мастерĕ Толуш тата Барпа (Венгри), Рейтерпа (Румыни) Ш. Сабо (Румыни) нихăшĕ те çĕнтерейменн, тесе йышăннă. Болеславскипе (СССР) Троянеску (Румыни) хушшинчи партие тепĕр вăхăта хăварнă. Болеславскин выляса илме шанчăк пур.

Венгри шахматисчĕ Л. Сабо тата Чоколтя (Румыни) хушшинче пулнă партие тепĕр вăхăта хăварнă.

БУХАРЕСТ, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Бухарестри пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕн иккĕмĕш вăййи пулса иртнĕ.

Румыни чемпионĕ Чоколтя турнира хутшăннă чи çамрăк шахматистпа—совет шахматисчĕпе Спасскипе вылянă. 21 хут сÿренĕ хыççăн вăйă нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ.

Шайтар (Чехословаки) тата Болеславский (СССР) хушшинчи парти те нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ.

Венгри гроссмейстерĕ Л. Сабо хăй лайăх выляннине кăтартнă. Вăл Болгари шахматистне З. Милева çĕнтернĕ.

Совет шахматисчĕсем Смыслов гроссмейстерпа Толуш мастер хушшинчи вăйă çивĕч пулнă. Вăйăра Толуш парăннă.

Штольц мастер (Швеци) Чехословаки шахматистĕнчен Филиппран выляса илнĕ. Барпа (Венгри) Румыни шахматистне Рейтера çĕнтернĕ.

Совет гроссмейстерĕ Петросян тата Голомбек (Англи) хушшинчи партие тепĕр вăхăта хăварнă. Петросян çĕнтерме пултаратъ.

Çавăн пекех Редулескупа (Румыни) Барда (Норвеги), Троянескупа (Румыни) О'Келли (Бельги) хушшинчи, Сливапа (Польша) Ш. Сабо (Румыни) хушшинчи партисене те тепĕр вăхăта хăварнă.

## Вьетнам Халăх çарĕн çĕнтерÿвĕсем

ШАНХАЙ, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Вьетнам Республикин Пекинри посольстви кăларса тăракан бюллетень пĕлтернĕ тăрăх, 1952 çулхи октябрь уйăхĕн варринчен пуçласа декабрь уйăхĕн варри хушшинче пулнă наступленисем хыççăн Çурçĕр Вьетнамăн çурçĕр-хĕвеланăç фронтĕнче çапăçакан Халăх çарĕсем тăшманăн салтакĕсемпе офицерĕсене 6.029 çынна вĕлернĕ. Марокканецсен виççĕмĕш батальонне тата пуканелле правительство çарĕн 55-мĕшпе 56-мĕш батальонĕсенчи 7 ротăна аркатса тăкнă.

Халăх чаçĕсем тăшман вăйлă тĕреклетнĕ 100 пункта ирĕке кăларнă. Сон-Ла провинцине пĕтĕмпе тенĕ пекех, Лай-Чау провинцийĕн кăнтăр пайĕнчи 4 района, çавăн пекех Ен-Бай провинцийĕнчи икĕ района ирĕке кăларнă.

Çурçĕр Хĕвеланăç фронтри çапăçусенче Халăх çарĕн чаçĕсем 11 тупă, 65 миномет, 33 йывăр пулемет, 250 çăмăл пулемет, 560 автомат, 3 пин карабинпа винтовка, 1.450 парашют тата ытти хĕçпăшалсем тытса илнĕ. Тăшман 6 самолет çухатнă.

Вьетнам Халăх çарĕн чаçĕсен çĕнтерĕвĕсене пула Нам-Динь тата Тай-Бинь провинцийĕсенче партизансен кĕрешĕвне вăйлатма, Киен-Ан провинцийĕнче партизансен çĕнĕ районĕсене тума май килнĕ.

Çÿлте асăннă тапхăр хушшинче, тесе çырать бюллетень, Çурçĕр Вьетнамри фронтсенче (унта Фу-То провинцийĕ те кĕрет) тăшманăн салтакĕсемпе офицерĕсене 14 пин çынна яхăн вĕлернĕ, 28.500 тăваткал километр пысăкăш территорие ирĕке кăларнă.

## Миршĕн, Германи пĕрлĕхĕшĕн

БЕРЛИН, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, пĕрлĕхшĕн, нимĕçсен пĕрлĕхĕшĕн, мирпе ирĕклĕхшĕн пыракан пĕрлешÿллĕ юхăмĕн Совечĕ Демократиллĕ Германи Республикипе Хĕвеланăç Германи правительствисене Германи ыйтăвне мирлĕ майпа таттса парас тĕлĕшпе пĕр тăхтаса тăмасăр калаçусем иртерме тытăнма чĕнсе каланă. Совет çавăн пекех аслă державăсене те Германи ыйтăвĕ тăрăх калаçусем пуçлама чĕнсе каланă.

Нимĕçсен пĕрлешÿллĕ юхăмĕн Совечĕ пĕлтернинче çакна кăтартса панă: январĕн 25-мĕшĕнче пулса иртнĕ ларура резолюци йышăннă. Резолюцире Хĕвеланăç Германири халăха Бонн правительстви вăрçă договорĕсене çирĕплетме шутланине хирĕç тăма чĕнсе каланă.

### ВĂРÇА ВЕТЕРАНĔСЕН ПУРНĂÇĔ

ЛОНДОН, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Англири «Эмпайр ньюс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, эскадрили командирĕ пулнă Джон Кент, çарта 17 çул хушши пулнă хыççăн демобилизаци йĕркипе киле таврăннăскер, мĕнле те пулин ĕç тупас тесе 8 эрне хушши тĕрлĕ учрежденисем тăрăх çÿренĕ.

Хăйĕн арăмĕпе 5 çулхи хĕрне тăрантарса усрас тесе, Кентăн хăйĕн çар наградисене — орденĕсемпе медалĕсене сутма тивнĕ. «Эпĕ, — тенĕ Кент хаçат корреспондентне, — ĕçлес тата хамăн çемьепе мирлĕ пурăнас тетĕп. Çакă вăл эпĕ службăра тăнă çĕршыв умне лартнă пысăк требовани мар. Анчах эпĕ юлашки хут ĕç биржине кайсан, мана пулăшу паракан учрежденисене кайса пăхма сĕнÿ пачĕç».

«Эмпайр ньюс» хаçатăн çав номерĕнчех Ливерпуль хулинчен янă çырăва пичетлесе кăларнă. Çыру айне «çар служацийĕ пулнă çын» тесе çырнă. «Эпĕ, — тенĕ çырура, — урасем ыванниченех урамсем тăрăх утса çÿрерĕм, эпĕ хутла лайăх пĕлетĕп пулин те, çартан демобилизаци йĕркипе таврăннă чухне манăн аслă сержант званийĕ пулнă пулин те, эпĕ халиччен те ĕç тупаймастăп.

Эпĕ — тÿрĕ кăмăллă çын. Анчах, малашне те мана паракан пулăшупа кăна пурăнма тивсен, мĕн пулĕ-ха? Эпĕ пĕр эрнешĕн илекен пулăшăва общежитинче пурăннăшăн тÿлетĕп. Выртса тăнăшăн, тата çăкăрпа пĕр кружка чейшĕн эпĕ пĕр кун хушшинче 6 пенс тÿлетĕп. Манăн раштав апачĕ — повидлăпа çăкăр пулчĕ. Каççерен эпĕ урамра пирус тĕпĕсене пухса çÿретĕп. Тата япăхрах пурнăçа пула манăн преступлени тума тивĕши? Çакăн çинчен шухăшласан эпĕ сехĕрленсе ÿкетĕп».

«Дейли экспресс» хаçат нумаях пулмасть çапла пĕлтернĕ: тĕнчери иккĕмĕш вăрçăн геройĕ Джеймс Мэдженнис водолаз ачасем валли мĕнле те пулин тумтир илсе парас тесе, хăй çарта илнĕ чи пысăк награднна — Виктория хĕресĕн орденне сутса янă.

### АМЕРИКАНЕЦСЕМ АВСТРИРЕ ВĂРÇА ХАТĔРЛЕНЕÇÇĔ

ВЕНА, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Рифере, Холлейн (Зальцбург) сывăхĕнче, çар хатĕрĕсем туса кăларакан предприяти ĕçлеме пуçланă. Ку предприяти, американецсен заказĕ тăрăх гранатăсен взрывателĕсене тата ытти çар продукцине вăрттăн туса хатĕрлет.

Унсăр пуçне Зальцбургри 6 фирма çар баракĕсем тума йывăç парса тăраççĕ.

# Куллен кирлĕ таварсен пахалăхне лайăхлатмалла

Çак кунсенче Шупашкар хулинчи вырăнти промышленноçпа кооперации промышленноçĕнче ĕçлекенсен канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлу хулари вырăнти промышленноçпа кооперации промышленноçĕ 1952 çулта ĕçленин итогĕсем тата вĕсем умĕнче 1953 çулта тăракан задачăсем çинчен сÿтсе яврĕ.

Докладчик—хула Совет исполкомĕн вырăнти промышленность пайĕн заведующийĕ Цветков юлташ тата пренире тухса калакансем хулара куллен кирлĕ таварсем туса кăларасси çултан-çул ÿссе пынине, чылай предприятисен ĕçĕ лайăхланнине палăртрĕç. Малта пыракан предприятисем иртнĕ çулхи плана срокчен тултарнă, планран иртерсе 2,6 миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларнă. Чылай предприятисем ĕç тухăçлăхне ÿстернĕ, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетнĕ. Пĕлтĕр хулара ĕççыннисен йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерме çĕнĕрен 15 мастерской уçнă. «Металлист», «Кооператор» промартельсем çĕнĕ йышши япаласем туса кăларма тытăннă.

Анчах хулари вырăнти промышленноçпа кооперации промышленность ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха. «30 лет комсомола», «Парат», «Культура», «Тăваттăмĕш пилĕкçуллăх» промартельсем иртнĕ çулхи плана тултараймам. Уйрăмах «30 лет комсомола» артель япăх ĕçленине палăртмалла. Артель председателĕ Мефодьев юлташ ĕçре ответлăх туймасть, йăла тĕлĕшĕнчен пăсăлнă.

Çичĕ артель пĕлтĕрхи плана ассортимент енĕпе тултарман. Хулари промкомбинатăн (директорĕ Алексеев юлташ) 19 издели туса кăлармалла пулнă. Вăл ултă издели енĕпе çеç плана тултарнă. Уйрăмах кирпĕч производствине япăх йĕркеленĕ. Кирпĕч хĕртмелли кăмака хăвачĕпе 50 процент çеç усă курнă. Апла пулин те кунта хĕртмен кирпĕч халĕ те чылай выртать. Промкомбинат кирпĕч тумалли сезона япăх хатĕрленет.

Предприятисемпе промартельсем сукмерен çĕнĕ станоксемпе машинăсем чылай туянаççĕ, кадрсен ăсталăхĕ ÿссе пырать. Кашни предприятин продукци пахалăхне лайăхлатма, ĕç тухăçлăхне ÿстерме мĕн кирли пурте ситеклĕ. Анчах чылай çĕрте çав паха майсемпе лайăх усă курмаççĕ. «Красный мебельщик», «Кожупряжь», «Красный кустарь» промартельсен председателĕсемпе технорукĕсем продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн тимлĕн кĕрешмеççĕ. Промкомбинат, «Волга», леспромартель ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана тултарман. Хăшпĕр артельсенче растратăсемпе çаратусем час-часах пулаççĕ. «Кожупряжь», «Чебторгин», «Волга» артельсенче уйрăм çынсем, артель членĕ ячĕпе усă курса, киревсĕр ĕçсем тăваççĕ.

Пренире тухса калакансем артельсенче массăллă-агитациллĕ ĕçе, социализмлă ăмăртăва кирлĕ пек йĕркелеменнине палăртрĕç. «Тăваттăмĕш пилĕкçуллăх» промартель председателĕ Викторов, «Металлист» промартель председателĕ Дмитриев юлташсем артельсене тивĕçлĕ пулăшу паманшăн Чăвашпромсоюза хытă критиклерĕç.

«Чебторгин» артель председателĕ Маркин юлташ артель членĕсем вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе çĕнĕ обязательство илни çинчен, икĕ уйăхри плана февралĕн 22-мĕшĕ тĕлне тултарма сăмах пани çинчен калать.

Пренире тухса калакансем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕ умне пысăк та ответлă задачăсем кăларса тăратнине палăртрĕç, съезд решенийĕсене чыслă пурнăçлама пулăшакан паха сĕнÿсем пачĕç.

Канашлу 1953 çулхи плана срокчен тултарма, продукци пахалăхне лайăхлатма, ĕç тухăçлăхне ÿстерме, чĕртаварпа материалсем перекетлеме пулса социализмлă обязательство йышăнчĕ.

# Конькипе хăвăрт чупакансен ăмăртăвĕ

Январĕн 23-мĕшĕпе 26-мĕшĕ хушшинче Алма-Ата сывăхĕнче, Ала-Тау тăвĕ çинчи каток çинче, конькипе чупакансен ăмăртăвĕ пулса иртнĕ. Вĕсем Совет Союзĕнче мала тухассишĕн тата Казах ССР Министрĕсен Совечĕн парнине илессишĕн кĕрешнĕ.

Малтанхи икĕ кун хушшинче хĕрарăмсем 25 çын ăмăртнă. Р. Меншова (Калинин) 500 метра 47,7 секундра чупса тухса чи лайăх тĕслĕх кăтартнă.

Конькипе 3 пин метр чупас енĕпе кăçалччен тĕнче рекордне Римма Жукова тунă пулнă (5 минут та 21,3 секунд). Вăл кăçал тĕнчере çĕнĕ рекорд тунă, 3 километра 5 минут та 13,8 секундра чупса тухнă. Халида Щеголеева (Мускав), Ольга Акифьевăпа Зинаида Воробьева (Ленинград) спортсменкăсем те тĕнчери халичченхи рекорда лайăхлатнă.

Конькипе 1.000 метр чупас тĕлĕшпе Х. Щеголеева (Мускав) Совет Союзĕн чемпионĕ ятне илнĕ. Вăл çав дистанцие 1 минут та 37 секундра чупса тухнă.

Конькипе 5.000 метр чупса Римма Жукова (Алма-Ата) тĕнчери çĕнĕ рекорд тунă, 9 минут та 1,6 секундра тухнă. Тĕнчери халичченхи рекорда Татьяна Карелина (Свердловск) тунă пулнă. Халида Щеголеева, Ольга Акифьева, Лидия Селихова та малтанхи рекорда лайăхлатнă.

Римма Жукова Совет Союзĕн абсолютнăй чемпионĕн ылтăн медальне илме тивĕçлĕ пулнă. Вăл, тăватă дистанцие пĕрле шутласан, 204,010 очко пухнă, тĕнчере çĕнĕ рекорд тунă. Р. Жукова çавăн пекех Казах ССР Министрĕсен Совечĕн парнине илнĕ. Иккĕмĕш вырăна — Халида Щеголеева (205,563 очко), виççĕмĕш вырăна Ольга Акифьева (205,866 очко) йышăннă.

Арçынсен ăмăртăвне 28 çын хутшăннă.

Малтанах конькипе 500 метр чупас енĕпе ăмăртнă. Юрий Сергеев (Мускав) пĕлтĕр çак дистанцие 41,2 секундра тухса, тĕнчере рекорд тунă. Унăн кăçалхи результачĕ — 40,9 секунд. Ку вăл тĕнчери çĕнĕ рекорд пулать.

Борис Шилков (Ленинград) 5.000 метра конькипе 8 минут та 12,9 секундра чупса тухнă, Совет Союзĕн чемпионĕ ятне илме тивĕçлĕ пулнă.

Б. Шилков конькипе 1.500 метр чупас енĕпе те çĕршывăн чемпионĕ ятне илнĕ (2 минут та 15,4 секундра тухнă).

Геннадий Пискунов (Горький) 10.000 метра 17 минут та 27,5 секундра чупса тухнă. Вăл çак дистанци енĕпе Совет Союзĕн чемпионĕ ятне çĕнсе илнĕ.

Ленинградри студент Борис Шилков ăмăртура 190,068 очко пухнă. Вăл — Совет Союзĕн абсолютнăй чемпионĕ. Казах ССР Министрĕсен Совечĕн парнине илме тивĕçлĕ пулнă. Иккĕмĕш вырăнта Олег Гончаренко (Мускав), виççĕмĕш вырăнта — иртнĕ çулхи чемпион Владимир Сахаров (Горький).

(ТАСС).

## СССР чемпионĕн ятне илессишĕн

Совет Союзĕн 20-мĕш шахмат чемпионатĕнче пĕрремĕшпе иккĕмĕш вырăнсене М. Ботвинник гроссмейстерпа (Мускав) М. Тайманов гроссмейстер (Ленинград) пайланă.

СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи физкультурăпа спорт ĕçĕсен комитечĕ, шахмат енĕпе СССР чемпионĕ кам пулассине палăртас шутпа, икĕ шахматист хушшинче тĕлпулусем иртерессиi çинчен решени йышăннă. Ăмăрту условийĕсем тăрăх ултă парти вылямалла. Результатсем пĕр пек пулсан, тепĕр партире кам çĕнтериччен выляççĕ. Ăмăртура мала тухнă шахматиста СССР чемпионĕн ятне параççĕ.

Январĕн 25-мĕшĕнче Совет Çарĕн Центральнăй Çуртĕнче çак ăмăртури пĕрремĕш вăйă пулнă.

Çав кун партине выляса пĕтермен.

Шахмат енĕпе СССР чемпионĕн ятне илессишĕн пыракан ăмăртура январĕн 26-мĕшĕнче иккĕмĕш вăйă пулнă. 26 хут сÿренĕ хыççăн, М. Ботвинник сĕннипе, шахматистсем пĕрне-пĕри çĕнтерейменн тесе йышăннă.

Январĕн 25-мĕшĕнче выляса пĕтермен пĕрремĕш партие январĕн 27-мĕшĕнче выляса пĕтернĕ.

48 хут сÿренĕ хыççăн, Тайманов парăнатăп, тесе пĕлтернĕ.

Çапла ĕнтĕ, икĕ парти вылянă хыççăн М. Ботвинник 1,5 очко, М. Тайманов 0,5 очко пухнă.

Январĕн 28-мĕшĕнче виççĕмĕш парти вылянă. Кĕрешÿ питĕ çивĕч пулнă. 41 хут сÿренĕ хыççăн, ку партие выляса пĕтерессине тепĕр вăхăта хăварма йышăннă.

## Тĕл перекенсен ăмăртăвĕ

Январĕн 15—25-мĕшĕсенче Шупашкарта пăшал тĕл перекенсен ăмăртăвĕ пулса иртрĕ.

Ăмăртăва пурĕ 181 çын хутшăнчĕ. Боевой винтовкăран персе (100 очкоран 95 очко) илсе Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводра ĕçлекен Артемьев юлташ пĕрремĕш вырăна тухрĕ. Çак заводра ĕçлекен Матвеев рабочи 92 очко илчĕ, иккĕмĕш вырăн йышăнчĕ. Электромеханически техникумра вĕренекен Бобров 90 очко илсе виççĕмĕш вырăна тухрĕ.

Тĕл перекенсен кăçалхи ăмăртăвĕнче 8 çын II-мĕш разряд нормисене, 27 çын — III-мĕш разряд нормисене тултарчĕç.

Февралĕн 15—25-мĕш кунĕсенче тĕл перекенсен республикăри ăмăртăвĕ пулмалла.

В. ШАЛТАЙКИН.

### ХОККЕЙ ВĂЙЙИПЕ РЕСПУБЛИКĂРА МАЛА ТУХАССИШĔН

Хоккей вăййипе республикăра мала тухассишĕн иртерекен пĕрремĕш вăййăра Етĕрнери «Искра» спорт обществи команди Чапаевски поселок командине выляса илчĕ. Январĕн 28-мĕшĕнче етĕрнесем «Молния» спорт обществи катокĕнче «Пищевик» командипе тĕл пулса вылярĕç. Вăйă 7:1 шутпа, «Искра» спорт обществи команди çĕнтернипе вĕçленчĕ.

Шупашкарти «Динамо» команди, Улатăрта выляса, вырăнти «Локомотив» командинчен 3:2 шутпа выляса илнĕ. Шупашкарти «Спартак» спорт обществин хоккей команди Çĕмĕрлере икĕ вăйă вылянă. «Спартак» тата «Урожай» спорт обществисен командисем хушшинчи вăйă 4:4 шутпа пĕтнĕ, «Красная звезда» спорт обществи хоккеисчĕсем спартаковецсене 3:1 шутпа çĕнтернĕ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00947. Типография №1 Чăвашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.

ФЕЛЬЕТОН

# Çук та çук авăн çапакан...

Çичĕ тинĕс леш енче мар, Çĕмĕрле районĕнчех пĕрлешсе пысăкланнă «Комбинат» колхоз пур. «Комбинат» колхозăн итемсем пур. Тухса пăхать те колхоз председателĕн заместителĕ Иван Яковлевич Шугаев юлташ—икĕ итем çинче тата 95 гектар çинчен вырса кĕртнĕ тырă капанĕсем пуррине палăртать.

— Чим-ха, эпĕ сире çапма трактор ярам,—тет вăл.

Трактор тытăнчарĕ авăн çапма. Вăл декабрĕн 25-мĕшĕнчех Çĕмĕрлсе кайнă та ĕçсĕрех ларать.

Çук та çук çапакан, ылтăн тырра суйлакан.

— Чим-ха, трактор, эпĕ сан пата тракториста ярам.

Алексей Николаевич Казенов тракторист кунта кĕркуннеренпех ĕçлет. Вăл, кăмака çинчи пек, трактор хăй тĕллĕн юсанса, хăй хусканасса кĕтнĕ хыççăн, трактора юсама тытăнчĕ. Икĕ кун аппаланнă хыççăн:

— Трактор ĕçлеме пуçлать, унччен Çĕмĕрлене çитес пулать. Пĕр пай илсе каймалла, мастерскойĕнче юсамалла,—тет.

— Апла-тăк апла пултăр,—тет председатель заместителĕ,—лаша кӳлĕр те хăвăртрах юрттарăр.

Казенов тракторист çула тухать. Пырать-пырать те, сасартăк тракторăн тепĕр пайне манса хăварни çинчен аса илет. Ял еннелле çаврăнса пăхать: ни малалла, ни каялла. Мĕн пулать те мĕн килет, тет те Казенов, малаллах кайма шут тытать. Тен, юлнă трактор пайĕ хăй çитиччен Çĕмĕрле МТС-не çитсе те выртрĕ. Çитет МТС-а, Механик калать: Леш пайĕсĕр юсама çуккине пĕлетĕн ĕнтĕ эсĕ?.. Кустар каялла.

Калама кăна час, тума час мар иккен. Казенов трактористă Çĕмĕрлене çитме пĕр кун, таврăнма—тепĕр кун, манса хăварнă пайне çитерме тата тепĕр кун, таврăнма, таврăнсан вырнаçтарма — эрне кирлĕ пулчĕ.

— Давай халăх. Халех трактора ĕçе яратпăр, авăн çапма пуçлатпăр.

— Хăйĕнчен килнине Иван Яковлевич халех тума хатĕр. Ăна çакă кăна кирлĕ. Вăл бригадирсене пĕлтерет, бригадирсем—колхозниксене. Итем çине пĕр харăс вăтăр çын ытла тапса тухать.

Пĕр сехет иртет—трактор хускалмасть, икĕ сехет иртет—çук, виçĕ сехет—çук... Кас та пулать—трактор вырăнтан та хускалмасть. Кĕтсе ывăннă, шăнса кӳтнĕ колхозниксем малтан питĕ хытă тарăхаççĕ, унтан килĕсене саланаççĕ.

Çук та çук авăн çапакан, ылтăн тырра суйлакан.

Казенов тракторист председатель заместителĕ патне пырса çитет.

— Ну, трактора юсарăм. Çуне сĕрнĕ темелле, хăварах та пĕлмелле, халĕ хусине сĕрмелле...

Трактор кăна кайтăрччĕ, ĕçĕ çеç ан тăтăрччĕ. Иван Яковлевич хăй кăсăнинчен хăй укçине кăларса парать те çапла калать:

— Эсĕ, тен, çавăншăнах пирĕн ĕçе тытатăн—мейĕр, кайăр та хăналанăр.

Кас иртет те ир килет. Итем çине авăн çапма каллех халăх тапса тухать.

Трактор ĕçлеме мар, сасă та памасть. Тракторист йĕри-тавра кускалать, ун айне те выртса пăхать. Çук.

Шăнса çитнĕ колхозниксем малтан тарăхаççĕ, унтан каллех килĕсене саланаççĕ.

Çук та çук авăн çапакан...

Иван Яковлевич тарăхнă енне:

— Чим-ха,—тет,—эпĕ сана витерĕпвитерĕпех. Эпĕ сан çинчен МТС директорне пĕлтеретĕп.

МТС директорĕ Иван Макарович Тупицын каймарĕ Казенов трактористă витерме (хăй те каймарĕ, урăххине те ямарĕ), Казенов тăрăшмарĕ трактора ĕçлеттерме, тракторĕ тытăнаймарĕ авăн çапма.

Çук та çук авăн çапакан...

— Чим-ха, эпĕ сан çинчен райсовет исполкомĕн ялхуçалăх пайне пĕлтеретĕп...

Ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ Иван Тимофеевич Тимофеев юлташ телефон тăрăх Казенов трактористă витерейменшĕн МТС директорне И. М. Тупицына ятласа илчĕ. Ăна хирĕç Тупицын юлташ:

— Эпĕ хам кадрсене ертсе пыма пултараймастăп пулсан, эсĕ килсе ертсе пыр,—тесе ответлерĕ.

Тимофеев, паллах, каймарĕ Тупицын вырăнне, Тупицын каймарĕ (урăх çынна та ямарĕ) Казенов трактористă витерме, тракторист тăрăшмарĕ трактора ĕçлеттерме, трактор тытăнаймарĕ авăн çапма.

Çук та çук авăн çапакан...

Тарăхмаллипех тарăхать колхоз председателĕн заместителĕ Шугаев юлташ. Чăн та ĕнтĕ, мĕн ку? Нихăшĕ те никама та витереймест. Тракторист колхозниксенчен мăшкăллать, МТС директорĕ хăйĕн трактористне итлеттереймест, ялхуçалăх пайĕ МТС директорне витереймест.

— Чим-ха, сан çине те вăй тупăпăр,—тет Шугаев.—Эпир кун çинчен Шупашкара пĕлтерĕпĕр.

Калана—тунă. Шупашкара, Ялхуçалăх министрĕн заместителĕ Шорников юлташ патне телеграмма вĕçсе каять. Шорников пĕр телеграмма вырăнне виççĕ кăларса ярать: пĕри—КПСС райкомне, тепри—МТС директорĕ патне, виççĕмĕшĕ «Комбинат» колхоз правленине вĕçсе çитет.

Ку январĕн 2-мĕшĕнче пулчĕ.

Вăл авăн çапас ĕçе кĕске вăхăт хушшинче вĕçлеме, ĕçе тытăнни çинчен икĕ кун хушшинче хăйне пĕлтерме хушать.

— Ну, тинех ĕç каять,—хĕпĕртерĕ Иван Яковлевич телеграммăна илсен.

Пĕр кун иртет, икĕ кун, виçĕ кун... Январĕн 14-мĕшĕ çитет. Министр заместителĕ телеграмма çине ответ илеймест, «Комбинат» колхоз авăн çапаймасть.

Çук та çук авăн çапакан...

Эпир кунта пĕр колхоза кăна илсе кăтартрăмăр. Районта 14 колхозра авăн çапса пĕтермен. Тырăпа пĕрлех нумай çул ӳсекен курăк вăрри итемсем çинче сая кайса выртать. Договор тăрăх 300 гектар çинчи курăк вăррине çапса памалла. Ку плана МТС 25 процент кăна тултарнă.

Е. АФАНАСЬЕВ.

## РАДИО КĔРТЕÇÇĔ

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Буденный ячĕпе тăракан колхозра кашни килтех Ильич лампочкисем çутатаççĕ.

Халĕ кашни колхозник килне радио кĕртеççĕ.

Г. МЕДВЕДЕВ.

# ЛАПКĂЛĂХ ТЫТКĂНĔНЧЕ

СОВЕТСКИ. Иртнĕ çулта районти колхозсем тухăçлă тырпул ӳстерчĕç. Нумай колхозсем ăнса пулнă тырпула лайăх пухса кĕртрĕç. Государство умĕнчи обязательствăна вăхăтра пурнăçларĕç. Анчах çакăн хыççăн чылай колхозсем авăн çапас ĕçе ним сăлтавсăрах вăйсăрлатрĕç. Çак йăнăша халĕ те тӳрлетмеççĕ, ку тарăнччĕнех лăпланса лараççĕ. Андреев ячĕпе тăракан колхоз кăна авăн вăхăтра çапса пĕтерчĕ.

Молотов ячĕпе тăракан тата «Прогресс» колхозсем иртнĕ çулхи октябрь уйăхĕнченпе авăн çапмаççĕ. Çавăн пекех «Красный партизан», Сталин ячĕпе, Ворошилов ячĕпе тăракан колхозсенче икĕ уйăх сурă хушшинче пурĕ те 15—25-шер гектар çинчи тырра кăна çапнă.

Районти 33 колхозран 11 колхозра авăн пачах çапмаççĕ Январĕн 20-мĕшĕ тĕлне районĕпе 1.694 гектар çинчи тырра çапса пĕтермен.

МТС директорĕ В. Васильев юлташ авăн çапмалли плана, пĕтĕмĕшпе илсен, тултартăмăр, тесе лăпланнă. Çав вăхăтрах чылай колхозсенче договора пурнăçламаншăн вăл ответлăха туймасть, молотилкăсене йĕркеллĕ ĕçлеттерме тăрăшмасть.

Районти колхозсенче 138 молотилка шутланать. Вĕсенчен нумайăшĕ ахаль лараççĕ. Паллах, МТС-ри тата колхозсенчи молотилкăсемпе туллин усă курнă пулсан, тахçанах авăн çапса пĕтерме май пулнă.

Авăн çапассине кая хăварни çитес çул акма вăрлăх хатĕрлес ĕçре пысăк чăрмав кăларса тăратрĕ. Нумай колхозсенче вăрлăх участокĕсем çинчен пухса кĕртнĕ тырпул аплипех итем çинче-ха. Вăрлăхлăх çулса кĕртнĕ нумай çул ӳсекен курăксене вунă колхозра пачах çапма тытăнман. Чылай колхозсенче халĕ те тĕштырă, кантăр, пĕр çул тата нумай çул ӳсекен курăк вăрлăхĕсен фондне хывса çитермен, вăрлăха тасатса акма юрăхлă тăвас ĕçе йĕркелемен. Колхозсенче 172 сортировка пур, анчах вĕсемпе тухăçлă ĕçлемеççĕ. Хăшпĕр колхозсен вăрлăх тасатма юрăхлă машинăсем çук. Çак ĕçре вĕсене МТС пулăшма тивĕçлĕ. МТС-ăн вăрлăх тасатмалли «ОС-1» маркăллă пăха машинăсем пур. Кăçал вĕсемпе вăрлăх тасатманпа пĕрех. Суворов ячĕпе, Калинин ячĕпе тăракан колхозсенче çапнă вăрлăх эрни-эрнипе итем çинче тасатмасăр ăпăхса выртать.

Çакна та палăртмалла: район ялхуçалăх ĕçĕсене вĕçлессипе юлса пыни чылай сĕрте демократиллĕ йĕркесене пăснинчен, ĕç дисциплинине вăйсăрлатнинчен те килет. Хрущев ячĕпе тăракан колхозра иртнĕ çулхи отчетпа суйлав пухăвĕ хыççăн колхозниксен пĕрлехи пухăвне ирттермен. Артель правленийĕ колхозниксен массинчен уйрăлса кайнă.

Халĕ хăшпĕр колхозсенче ĕç дисциплинине государство тата колхоз интересĕсене хирĕç пыракан меслетсемпе «çирĕплетес» çул çине тăнă. Хрущев ячĕпе, Суворов ячĕпе, Куйбышев ячĕпе, Мичурин ячĕпе тата Киров ячĕпе тăракан колхозсенче авăн çапма тухакан колхозниксене ним висĕсĕрех тата кам мĕн чухлĕ ĕçленине шута илмесĕрех итем çинчен выльăх апачĕ парса яраççĕ.

Халĕ ял ĕçченĕсем вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленеççĕ. Колхозсенче те отчетпа суйлав пухăвĕсем пуçланчĕç. Анчах çак вăхăтри политикăллă çĕкленӳпе районта ялхуçалăх ĕçĕсене хăвăртрах вĕçлеме усă курмаççĕ.

Парти райкомĕпе райсовет исполкомĕн ку йăнăша хăвăртрах тӳрлетмелле. Районти ялхуçалăх пайĕпе МТС руководителĕсене çаврăнăçуллă ĕçлеме хушмалла. Ĕçри лăпкăлăха пĕтермелле. Авăн çапса вăрлăх хывас ĕçе тивĕçлипе организацилемелле.

Е. ГОРДЕЕВ,
М. ГУРИН.

## Плана тултарнă

МУРКАШ. «Свобода» колхоз членĕсем вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тата ирттерсе тултарма сăмах пачĕç. Колхозниксен сăмахĕ—çирĕп сăмах. П. Арапкин коммунист ертсе пыракан лавçăсен бригади 20 кун хушшинче çичĕ лавпа 475 фестметр йывăç çул хĕррине илсе кăларчĕ. Январĕн 20-мĕшĕ тĕлне колхоз каснă йывăçа çул хĕррине кăлармалли плана тултарчĕ.

Н. КИРИЛЛОВ.



Государствăн Çĕрпӳри селекци станцийĕ çитес çураки валли чи паха сортлă вăрлăхсем хатĕрленĕ. Акма хатĕрлекен вăрлăха пур енĕпе те тĕплĕн тĕрĕслесе пăхаççĕ.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: селекци станцинче ĕçлекен М. М. Михайлова юлташ лабораторире вăрлăх нӳрĕлĕхне палăртма анализ тăвать.

Н. ГОЛУБЕВПА Б. ТИМКИН фотоӳкерчĕкĕ.

# Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансем

### Колхозсенчи дояркăсем 1952 çулта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем

| Йышăннă вырăн | Дояркăсем | Колхоз тата район ячĕсем | Сăвакан кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ (килогрампа) |
|---|---|---|---|
| 45. | Е. В. Парамонова | Шупашкар районĕнчи «Красный Флот» колхоз | 1.626 |
| 46. | А. Ф. Романова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1.622 |
| 47. | М. В. Орлова | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.611 |
| 48. | С. Хасьянова | Елчĕк районĕнчи «Марс» колхоз | 1.598 |
| 49. | Н. Я. Яковлева | Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.597 |
| 50. | Ю. Г. Викторова | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1.597 |
| 51. | Р. К. Кириллова | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.594 |
| 52. | З. Н. Иванова | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1.580 |
| 53. | П. В. Порфирьева | Çĕрпӳ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | 1.562 |
| 54. | Е. Н. Шмарина | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 1.553 |
| 55. | О. И. Закамская | Етĕрне районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз | 1.546 |
| 56. | М. Степанова | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1.545 |
| 57. | М. М. Александрина | Пăрачкав районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 1.540 |
| 58. | А. Ф. Ванюшина | Пăрачкав районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 1.530 |
| 59. | М. К. Кондратьева | Шăхасан районĕнчи «За коммунизм» колхоз | 1.523 |
| 60. | В. А. Богомолова | Шупашкар районĕнчи Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | 1.504 |
| 61. | А. Е. Евгеньева | Комсомольски районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз | 1.490 |
| 62. | Т. Ф. Филиппова | Çĕрпӳ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1.490 |
| 63. | Н. Л. Романова | Етĕрне районĕнчи «Красноармеец» колхоз | 1.485 |
| 64. | М. Васильева | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1.483 |
| 65. | А. А. Кавалерова | Шăмăршă районĕнчи «Родина» колхоз | 1.478 |
| 66. | Е. С. Караева | Етĕрне районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз | 1.465 |
| 67. | М. А. Синдякова | Кувакино районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 1.443 |
| 68. | З. К. Кириллова | Çĕрпӳ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1.432 |
| 69. | В. Е. Егорова | Çĕрпӳ районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | 1.403 |

## Тӳрлетни

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн январĕн 28-мĕшĕнче тухнă номерĕнче, 3-мĕш страницăра, колхозсенчи дояркăсем 1952 çулта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем çинчен пĕлтернинче йăнăшсем кайнă. Тӳрлетсе çапла вуламалла:

18. М. Ф. Плешкова — Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз.

19. А. Н. Леднева — Пăрачкав районĕнчи Горький ячĕпе тăракан колхоз.

39. Л. Е. Трофимова — Елчĕк районĕнчи «Вперед» колхоз.

40. А. И. Шарова — Етĕрне районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз.

43. П. Е. Потапова — Пăрачкав районĕнчи Горький ячĕпе тăракан колхоз—кашни ĕнерен 1.875 килограмм сĕт суса илнĕ.

*Редакцие килнĕ çыру*

## Çыхăну ĕçĕнчи наянсем

ВАРНАР. Иртнĕ çул вĕçĕнче эпĕ Кĕсĕн Кипек çыхăну уйрăмĕнче «Молодой коммунист» тата «Социализм çулĕпе» хаçатсене илме çырăнтăм. Анчах та январĕн 19-мĕшĕ тĕлне «Молодой коммунист» хаçатăн 1, 4, 5-мĕш номерĕсене, «Социализм çулĕпе» хаçатăн 1, 2, 6-мĕш номерĕсене çеç илме пултартăм. Ялти çыхăну уйрăмĕн начальникĕ З. Негусева юлташ подписчиксене хаçат-журналсем тĕрĕс ярса памасть. Почтальон В. Наумова юлташ та вĕсене вăхăтра çитермест е пачах çухатать.

А. НИКОЛАЕВ.

## Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

Чăвашсен куçса çӳрекен колхоз театрĕн артисчĕ Филиппов юлташ хăйне кирлĕ пек тыткаламан пĕлменни çинчен Октябрьски районĕнчен килнĕ çырăва «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Искусство ĕçĕсен управленине, тивĕçлĕ мерăсем йышăнма янăччĕ.

Искусство ĕçĕсен управленийĕ Филиппова ĕçрен кăларни çинчен пĕлтерчĕ.

*ХАÇАТСЕНЕ ПАХСА ТУХНИ*

# Çамрăксен хаçачĕ çамрăксен тусĕ пулмалла

«Çамрăк коммунист» хаçат тухма пуçлани республикăри çамрăк рабочисене, колхозниксене тата интеллигенцие савăнтарчĕ. Кунпа пĕрлех вĕсем хăйсен пурнăçне, хăйсене хумхантаракан нумай ыйтусене хаçатра пур енчен те тĕплĕн çутатса параса, çавăн пекех хăйсене ĕçпе кĕрешӳре тата вĕренӳре пулăшса пырасса кĕтеççĕ. Хаçат хăй те 1952 çулхи майăн 4-мĕшĕнче тухнă умстатьяра çамрăксене ĕнентерсе çапла çырчĕ:

«Хаçат çырса пелтерекен опыт тăрăх пиншер çамрăксем ĕçлеме вĕренеççĕ...».

Малтанхи номерсем тăрăх «Çамрăк коммунист» хаçат сăнарĕ çинчен, хаçат хăйĕн сăмахне мĕнле пурнăçласа пыни çинчен калама хĕнтерехчĕ. Мĕншĕн тесен ун чухне редакци аппарачĕ йĕркеленсе çăмăртаннă тапхăр пулнă. Хаçат тавра актив пĕтĕçтерес, çамрăк авторсене вĕрентес тесе хаçатăн ытларах тăрăшма тивнĕ. Ку тĕлĕшпе редакцин малашне те нумай ĕçлемелле-ха, çапах та халĕ хаçатăн актив пур темелле.

Тепĕр виçĕ уйăхран хаçат тухма пуçланăранпа çулталăк тултарать. Халĕ ĕнтĕ хаçатăн сăн-сăпатне пăхса тухма, унăн ĕçне хаклама çăмăлтарах.

Малтанах хаçат ĕçĕнчи чи кирлĕ ыйтăва—комсомол организацийĕсен пурнăçне çутатас ыйтăва илĕпĕр.

Пуçламăш организацисем ВЛКСМ никĕсĕ пулса тăраççĕ. Ĕçри ăнăçусем пуçламăш организаци çирĕп пулнинчен килеççĕ. Вăл, пуçламăш организаци, политикăпа организаци тĕлĕшĕнчен пĕрлĕхлĕ тата тĕреклĕ пулсан, организацири членсене пĕр пек ирĕк-кăмăл тата çирĕп дисциплина пĕтĕçтерсе тăрать пулсан, çамрăксене коммунистла воспитани парас ĕçе организацилес тĕлĕшпе умра тăракан тĕп ыйтусенчен пĕрне татса панă теме пулать. Çавăнпа та хаçатăн нимрен хаклăрах тивĕçĕ вăл — предприятисенчи, колхозсенчи, МТС-сенчи, шкулсемпе учрежденисенчи комсомол организацийĕсен нумай енлĕ ĕçĕпе пурнăçне пĕлсе, тарăннăн тата анлăн çутатса пырасси.

Комсомол пурнăçне çутатнă чухне çакна та асра тытни кирлĕ: вырăнта ĕçсем мĕнле тăнине, мĕнле çитĕнӳсемпе çитменлĕхсем пуррине кăтартса панипех çырлахмалла мар. Кашни статьяра ĕçе мĕнрен тытăнмаллине тата ăна мĕнле тумаллине, пуçарнă ĕçе мĕнле майпа вĕçне çитермеллине тĕплĕн кăтартса пани кирлĕ. Хаçатра çырса пĕлтернĕ опыт тăрăх чăн-чăнах та пиншер çамрăксем, комсомолăн ертсе пыракан йышлă кадрĕсем вĕренсе пыма пултарччăр.

Калас пулать, «Çамрăк коммунист» хаçат лайăх статьясем сахал мар пичетлесе кăларчĕ. Çавăн пек статьясенчен, пуринчен малтан, «Обществăллă ĕç вăйĕ» ятлине асăнмалла.

«Пĕррехинче ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ Илья Иванов патне—вулав çуртне парторганизаци секретарĕ пырса кĕчĕ.

— Манăн сирĕнпе сăмах пур,—терĕ вăл ăна.—Мастьянова колхозница кайен ывăлĕпе, Мишапа кăмăлсăр пулнă. Эсир Миша кăйне мĕнле тыткаланине пĕлетĕр-и?

— ...Пĕлместĕп,—терĕ Иванов, хăйне айăпсăр пек туйса—Пурин хыççăн та ăстан пăхса çитерĕн. Çитменнине тата Миша комсомолец та мар. Меншĕн эпир уншăн айăплă?

— Çапла, эсир уншăн питĕ айăплă...».

Парторганизаци секретарĕ ВЛКСМ комитечĕн тата унăн секретарĕн йăнăшĕсене уçса парать. Комитет колхоз çамрăкĕсем мĕнле пурăннине, мĕнпе интересленнине начар пĕлнĕ. Парторганизаци секретарĕ союзра тăман çамрăксене комсомол ĕçне ытларах явăçтарма, вĕсене час-часах обществăллă ĕçсем хушма, усă пухусене чĕнме сĕнет, çак ĕçсене мĕнрен тытăнмаллине кăтартса парать.

Малалла статья авторĕ ВЛКСМ комитечĕ Мишапа тата ытти çамрăксемпе уйрăммăн ĕçленине ĕненмелле кăтартса парать. Çамрăксем комсомол организацийĕн пархатарлă ĕçĕсене пĕтĕм чĕререн туйса илеççĕ, вĕсем ВЛКСМ ретне кĕме туртăнаççĕ: çулталăк хушшинче колхозри малта пыракан 18 çамрăк, — вăл шутра Миша та, комсомола кĕрет.

Çак статьян вăйĕ—комсомолăн нумай енлĕ ĕçĕсенчен пĕрне тарăннăн пĕлсе çутатса панинче тата комсомол пурнăçĕнчи кирлине—парти ертсе пынине уйрăммăн, вăйлăн палăртса панинче. Статья комсомол кадрĕсене çамрăксемпе ĕçлеме вĕрентет.

«Чи кирлине мансан», «Производство тулашĕнче» ятлă критикăллă статьясем те асра юлаççĕ. Вĕсем, ĕçри çитменлĕхсен тĕп сăлтавĕсене уççа палăртнипе пĕрлех, çав çитменлĕхсене пĕтермелли майсене те кăтартса параççĕ.

Иртнĕ çулхи июль уйăхĕнче хаçат паха ĕç пуçарчĕ: комсомол организаци секретарĕсен трибунине уçрĕ. Анчах вăл нумая пымарĕ, виçĕ автор статьине пичетленĕ хыççăн, çак паха пуçару пĕтсе ларчĕ, мĕншĕн тесен редакци ку ĕçе малтанах тĕплĕн шухăшласа тытăнман.

Хаçат страницисенче час-часах «Комсомол пурнăçĕ» ятлă рубрикăна курма пулать. Унта пичетленекен статьясенчен нумайăшĕ ытла та шупка, кичем. Статьясем пысăк, анчах вĕсенче çĕнĕ, интереслĕ шухăшсем питех те сахал. Чылай статьясене пĕр калăппа çыраççĕ: комсомолăн пĕр-пĕр организацийĕн ĕçĕнчи паха е начар тĕслĕхе кĕскен палăртаççĕ кăна, канаш пани, вĕрентни, ĕçе мĕнле майпа тунине е тумаллине кăтартса пани çук. Хаçат фактсене кăна регистрацилет.

Çак çитменлĕхĕн тĕп сăлтавĕ акă мĕнре: комсомол пурнăçĕ çинчен çыракан авторсенчен пысăкрах пайĕ — комсомол ĕçĕпе тӳррĕмĕнех çыхăнман юлташсем. Авторсем хушшинче ВЛКСМ райкомĕсемпе хула комитечĕсен секретарĕсем, пайсен заведующийĕсем, комитетсен членĕсем, пуçламăш организацисемпе комитетсен секретарĕсем, комсомол активĕ сахал. Редакци работникĕсем вырăнта пулнă хыççăн çырнă статьясем те ытти чылай авторсенни пекех — çиелтен, фактсене регистрацилесе çырнă статьясем çеç. Редакци хăйĕн сотрудникĕсене, вырăнти авторĕсене комсомол строительствин ыйтăвĕсене, комсомол организацийĕн ĕç мелĕсене вĕрентме куллен тăрăшни сисĕнмест.

Комсомол пурнăçĕн ыйтăвĕсем тăрăх çырнă материалсен тематики те хĕсĕкрех. Редакци комсомол активĕ хускатнă çĕнĕ темăсене шута илмест.

Иртнĕ çулхи ноябрьпе декабрь уйăхĕсенче республикăри ВЛКСМ организацийĕсенче отчетпа суйлав пухăвĕсем тата конференцисем пулса иртрĕç. Комсомол пурнăçĕнчи çак пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕçе хаçат лайăххрах çутатма тăрăшрĕ, вырăн та ытларах пачĕ. Анчах редакци каллех фактсене регистрацилес ĕçрен мала каймарĕ. Пухусемпе конференцисенче актив хускатнă ыйтусене тĕпчесе вĕреннĕ пулсан, хаçат çамрăксене хумхантаракан çĕнĕ тата интереслĕ темăсем çĕклеме пултарнă.

Отчетпа суйлав пухăвĕсен тата конференцисен ĕçне çутатса панă материалсенче çакăн пек асăрхаттарусем пур:

«Райком штатра тăман инструкторсемпе ĕçлемест»,

«Комсомол активĕн районти пухăвĕсемпе райком пленумĕсене чылай чухне ячĕшĕн çеç ирттернĕ»,

«ВЛКСМ комитечĕ хăйĕн членĕсене ĕçе активлă кутшăнтармасть»,

«Райком работникĕсем çамрăк механизаторсен ĕçĕсемпе пĕрре те интересленмеççĕ»,

«ВЛКСМ хула комитечĕ хăйĕн решенийĕсем мĕнле пурнăçланса пынине пачах тĕрĕслемест»,

«Комсомолецсен усă пухăвĕсене çайра хутра кăна ирттереççĕ»

«Комсомол организацийĕсем çамрăксен социализмлă ăмăртăвĕ çине, малта пыракан ĕç меслечĕсене тата рационализаципе изобретени ĕçĕсене сарасси çине çителĕксĕр тăхаççĕ»,

«Кадрсене суйласа илес тата вĕсене воспитани парас ĕç çине çиелтен пăхнă»,

«Мана нумай пулмасть комсомол организацийĕн секретарĕ пулса ĕçлеме суйларĕç,—терĕ Шăхасан районĕнчи конференцире Г Никифоров юлташ.—Эпĕ ĕçе мĕнрен тытăнмаллине пĕлместĕп»,

Çак асăрхаттарусем — хаçатшăн çĕнĕ темăсем тата вĕсем хаçат ĕçĕнчи çитменлĕхсене те кăтартса параççĕ. Районсем хуласенчи конференцисенче комсомолăн ертсе пыракан работникĕсем шкулсен пурнăçĕпе, пионер организацийĕсен ĕçĕпе, шкулсенчи учитель-комсомолецсене тата вĕренекен комсомолецсене пĕрлештерсе тăракан ВЛКСМ организацийĕсен пурнăçĕпе интересленменни çинчен, комсомол комитечĕсен пайĕсем хăйсен ĕçне тĕрĕс йĕркелеме, çамрăк кадрсем, комсомол пухăвĕсене хатĕрлесе ирттерме пĕлменни çинчен тата ытти çавнашкал организациллĕ ыйтусем çинчен каларĕç. Анчах хаçат актив сĕннĕ çĕнĕ ыйтусене пурпĕрех хускатмасть-ха. Актив шухăшкăмăлне шута илменни хаçатăн пысăк çитменлĕхĕ пулса тăрать. Редакцин комсомол активĕпе тачăрах çыхăнса ĕçлемелле.

Хаçат хăйĕн авторĕсемпе çителĕксĕр ĕçлени çакăнтан та аван курăнать: иртнĕ çулхи май уйăхĕнче редакци 851 çыру илнĕ пулсан, кайран вĕсен хисепĕ уйăхран уйăха чакса пычĕ, октябрь уйăхĕнче вара мĕн пурĕ те 323 çыру кăна килнĕ. Юлашки уйăхсенче çырусем ытларах килме пуçланă пулин те, малтанхи виçене çитмен-ха.

Хаçат икĕ чĕлхепе — чăвашла тата вырăсла тухать. Ĕç, паллах, йывăр. Апла пулин те пĕр шухăша чăвашла пĕр майлă, вырăсла тепĕр майлă пăсса çырма юрамасть. Кăçалхи январĕн 8-мĕшĕнче тухнă «Комсомолецсем хушса хăварнисене пурнăçласа» ятлă корреспонденцире хаçат вырăсла çапла çырать:

«У нас есть все возможности, чтобы в комсомольских рядах находились все молодые колхозники»

Чăвашла çакнах акă мĕнле калана:

«Эпир кружоксене çӳрекен пур çамрăксене те комсомола илме шутлатпăр».

Ку предложение пăсса кусарни пысăк иккĕ мар, тейĕпĕр. Ун пек тĕслĕхсене кашни номертех курма пулать. Анчах сӳлте асăннă тĕслĕхре хаçат комсомол организацийĕсене тĕрĕс мар кăтарту парать. ВЛКСМ Уставĕ комсомол членне малта пыракан, тĕрĕсленнĕ, совет влаçне парăннă çамрăксене илме хушать. «Мĕн пур çамрăк колхозниксене» тата «кружоксене çӳрекен пур çамрăксене те» комсомол членне илме сĕнни тĕрĕс мар. Вăл çулпа каяс пулсан, ВЛКСМ организацийĕсене политикăпа организацилĕх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес задачăна çирĕппĕн татса пама çук, комсомолăн вăйĕпе хăвачĕн тĕп условийĕ пулса тăракан пĕрлĕхе пур майсемпе те сыхласа тăма çук.

Хаçат комсомолецсене партипе правительство тата ВЛКСМ органĕсен решенийĕсене пурнăçлассишĕн кĕрешекен активлă борецсем пулма, комсомол дисциплинине çирĕп тытса пыма, самокритикăпа аялтан килекен критикăна сарса пыма, ĕçри çитменлĕхсемпе килĕшмелле мар пулма, комсомол умĕнче тĕрĕс те тӳрĕ çын пулма вĕрентекен витĕмлĕ материалсем пичетлемест.

Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçлассишĕн кĕрешесси комсомол ĕçĕнчи тĕп задача пулса тăрать. Комсомол организацийĕсен пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарассишĕн кĕрешме совет çамрăкĕсене мобилизацилемелле. ВЛКСМ организацийĕсен кĕрешӳри пултарулăхне, комсомолецсен активлăхĕпе пуçарулăхне ӳстерес ыйту та халĕ çивĕччĕн тухса тăрать. Съезд решенийĕсемпе материалĕсене, И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генилле произведенине пропагандăласси — куллен туса пымалли ĕç. Комсомол организацийĕсенче идеологиллĕ ĕçе, çамрăксене коммунистла воспитани парас ĕçе сӳлĕ пусăма çĕклени, критикăпа самокритикăна анлăн сарса пыни кирлĕ. Комсомолпа союзра тăман çамрăксем хушшинчи çыхăнăва анлăлатса çирĕплетмелле.

Çак задачăсене татса парас ĕçре çамрăксен хаçачĕ пысăк вырăн йышăнать. Анчах «Çамрăк коммунист» çав ыйтусене тĕплĕн тата анлăн çутатмасть-ха.

«Çамрăк коммунист» редакцийĕ хăйĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерессишĕн мĕн чухлĕ ытларах вăй хурĕ, комсомол организацийĕсене ĕçре çавăн чухлĕ ытларах пулăшĕ. Çамрăксен хаçачĕ çамрăксен тусĕ, юлташĕ тата кĕрешӳре çум кăтартса паракан пулса тăма тивĕç.